*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 28 (20161) • Эрнекун, 1990 çулхи февралĕн 2-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

*Кам мĕнле ĕçлет*

## ÇĔНЕТŸ ÇĂМĂЛЛĂН ÇИЛМЕСТ

**КПСС обкомĕн бюровĕ, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ, профсоюзсен область совечĕн президиумĕ тата ВЛКСМ обкомĕн бюровĕ Чăваш АССРĕнчи ĕççыннисем 1989 çулхи тăваттăмĕш кварталта тата вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхăн тăваттăмĕш çулĕнче социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пĕтĕмлетнĕ.**

Çакна палăртнă: республикари ĕççыннисем Чăваш АССР экономикипе социалла пурнăçне аталантармалли тĕп катартусене пурнăçланă. 1989 çулта государство заказĕпе килĕшÿллĕн тата потребительсемпе договорсем туса тÿрремĕнех тытакан çыхăнусем тăрăх промышленноçра продукци парса тămалли договорти обязательствăсене 99,4 процент пурнăçланă, 1988 çулта 98,9 процент пулнă. Ялхуçалăх ĕçченĕсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутас енĕпе государство заказне пурнăçланă. Халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли плансене тата таварçаврăнăшĕн пĕтĕмĕшле калăпăшне тултарнă.

Çавăнпа пĕрлех республика экономикинчи лару-тăру çăмăл мар. 21 предприятипе пĕрлешÿ — договорти обязательствăсене, 12 предприяти — халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли госзаказа, 27 предприяти 1989 çулхи январь—ноябрь уйăхĕсенчи тупăшсем илмелли [illegible] 17 [illegible] пĕлтерĕшлĕ изделисем тĕлĕшпе продукци планне пăхнă чухлĕ туса илеймен, 1988 çулпа танлаштарсан, 31 тĕрлĕ издели туса илессине чакарнă. Государствăна тешшыра, çĕрулми, пахчаçимĕç, улма-çырла сутмалли, вĕсене туса илмелли плана тултарайман. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан Куславкка, Сĕнтĕрвăрри, Муркаш, Етĕрне районĕсем тата 102 хуçалăх — выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк ăш-какайне туса [illegible]

КПСС обкомĕн бюровĕ, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ, профсоюзсен область совечĕн президиумĕ тата ВЛКСМ обкомĕн бюровĕ çапла йышăнаççĕ:

1. Çаксене 1989 çулхи IV кварталти тата вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхăн тăваттăмĕш çулĕнчи социализмла ăмăртури çĕнтерÿçĕсем тесе йышăнас:

**ПРОМЫШЛЕННОÇĂН СОЮЗА ПАХАНСА ТĂРАКАН ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ХУШШИНЧЕ**

Çĕмĕрлери Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ автофургон комбиначĕн коллективне КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне тата I степень дипломне парас;

Шупашкарти кабель изделийĕсен «Чувашкабель» завочĕн коллективне II степень дипломпа наградăлас.

Улатăрти механика завочĕн тата Шупашкарти «Энергозапчасть» электромеханика завочĕн коллективĕсем лайăх ĕçленине палăртас.

**РСФСРа ПАХАНСА ТĂРАКАН ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ХУШШИНЧЕ**

Канашри полимер материалĕсен завочĕн коллективне КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне тата I степень дипломне парас.

«Чувашстройматериалы» [illegible]

[illegible] ти монтаж управленийĕн коллективне II степень дипломпа наградăлас.

КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулнă предприятисемпе организацисен коллективĕсене Республикăн Хисеп кĕнекине кĕртес.

Социализмла ăмăрту условийĕсене пурнăçламаншăн республикăна паханса таракан хуласем хушшинче иртнĕ «Экономикăпа социалла пурнăça хăвăртрах аталантарассишĕн» тата ялла районсем хушшинче «Апат-çимĕç программине анăçла пурнăçлассишĕн» тата «Ялăн социалла сăн-сăпатне çĕнетсе лайăхлатассишĕн» социализмла ăмăрту итогĕçем тăрăх КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавĕсене, çавăн пекех Союза паханса тăракан промышленность предприятийĕсемпе специализациленĕ монтаж управленийĕсем хушшинче III степень дипломĕсене тата транспорт предприятийĕсем хушшинче II, III степень дипломĕсене парас мар тесе [illegible]

2. Министерствăсемпе ведомствăсен, КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен, хулапа район ĕçтăвкомĕсен, ВЛКСМ обкомĕн, хула комитечĕсен, райкомĕсен, профсоюз обкомĕсен, парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсен, ĕç коллективĕсен хуçалăх руководителĕсен çулталăкра ĕçленин результачĕсене критикăлла тишкермелле тата [illegible]

*ĂМĂРТУРА МАЛТА ПЫРАКАНСЕМ*



ÇĔРПĔ РАЙОНĔНЧИ ÇĔНЪЯЛТА ÇУРАЛСА ÜСНĔ АНАТОЛИЙ ФИЛИППОВИЧ ФИЛИППОВ САЛТАК ТУМНЕ ХЫВСАНАХ ШУПАШКАРА КИЛНĔ, СПЕЦИНСТРУМЕНТСЕМПЕ ТЕХНОЛОГИ ОСНАСТКИН ЗАВОДНЕ ĔÇЕ ВЫРНАÇНĂ. УНТАНПА 27 ÇУЛ ИРТРĔ ЕНТĔ. ХАЛĔ ВĂЛ ПРЕДПРИЯТИРИ ЧИ ПУЛТАРУЛЛĂ СТРОГАЛЬЩИКСЕНЧЕН ПĔРИ. ÇАМРĂКСЕН НАСТАВНИКĔ ВУНШАР ÇЫННА ПРОФЕССИ ĂСТАЛĂХНЕ ВĔРЕНТНĔ.

А. Поляков фотоÿкерчĕкĕ.



МАРГАРИТА СУДУКОВА ÇИРĔМ ПИЛĔК ÇУЛА ЯХĂН ПАТĂРЪЕЛ РАЙОНĔНЧИ «ГВАРДЕЕЦ» КОЛХОЗРА ĔНЕСЕНЕ ПĂРУЛАТТАРАКАН УЙРĂМРА ĔÇЛЕТ. ВĂЛ ХУÇАЛĂХРИ ПАЛЛĂ ÇЫНСЕНЧЕН ПĔРИ. ĔÇЧЕН ХĔРАРĂМА «ĔÇРЕ ПАЛĂРНĂШĂН» МЕДАЛЬПЕ НАГРАДĂЛАНĂ.

С. Игнатьев фотоÿкерчĕкĕ.

## ПĔЧĔК ФЕРМĂРА

**Муркаш районĕнчи «Свобода» колхоза 1977 çулта ăратлă сыснасем ĕрчетекен завод этне пана. Çавăнтанпа, вунвиçĕ çул хушши ,ку отрасль хуçалăхра пĕр тикĕс аталанать, таса тупăш нумай парать.**

Фермăн шурă çуртĕсем йĕри-таврари шап-шурă юрпа пĕрлешсе кайнă пекех [illegible] наççĕ. Меллĕ, тÿпем ыран суйласа илнĕ ку ферма валли. Çывăххах — вăрман. Сывлăш илмах уçă, таса. Ферма территорийĕнче урлă-пирлĕ выртакан пĕр япала та курăймастăн.

— Коллектив тăрăшуллă,— ферма ĕçĕ-хĕлĕпе паллаштарать колхоз председателĕ К. Я. Сретинский. — Иртнĕ çул республикари колхозсемпе совхозсене 1 647 [illegible]

— Мĕнле майпа çакăн пек йĕрке тума пултаратăр? — ыйтатăп свинаркăсенчен.

— Йĕркине эпир çĕç тумастпăр. Пире механиксем те, инженерсем те нумай пулăшаççĕ, — тет Людмила Романовна Валежникова.

Çурасем илекен вите фермăра иккĕ. Вĕсенче çамрăк выльăхсене иккĕ уйăх тытаççĕ. Çирĕм килограма çитсен, ытти свинаркăсен аллине параççĕ. Акă, ку витере Светлана Чиновщикова, Галина [illegible]

нарипе зоотехни нормисене çирĕп пурнăçласа пыни мĕнпур апата перекетлеме май парать. Акă, пĕр центнер ÿт хуштарма кунта 4,72 центнер апат единици каять. Çакă районăн е республикăн вăтам кăтартăвĕнчен чылай пĕчĕкрех. Аратлă сысна ÿстернĕ чухне акă мĕн асра тытас пулать: вăл мĕн чухлĕ çиет, çавăн чухлĕ памалла апата, анчах рацион витаминсемпе пуян пулмалла. Ку шухăша свинаркăсем хăйсем çирĕплетеççĕ. Сысна ĕрчетнин тупăшлăхĕ пĕлтĕр 52 процента çитнĕ. Кашни пуçран хуçалăха 483 тенкĕ укçа кĕрет. Çакна ăнланма пулать: ăратлă сысна [illegible]

Килти хуçалăхсене выльăх апачĕпе тивĕçтересси çинчен те кунта тĕплĕ шутлана. Ĕçлесе илнĕ кашни тенкĕ пуçне улăм, фуражлăх тырă тÿлевсĕр параççĕ. Хатĕрлев кантурĕ вăра кашни килограмм аш-какайшăн виçĕ килограмм комбикорм сутать. Ухсăр пуçне, колхозниксем çĕрулми, выльăх кăшманĕ (процентпа) илеççĕ.

Ыйтăва çапла татса паçи уссине мĕн тери пысăк пулни калама сăрах паллă. Акă, пĕлтĕр колхоз территорийĕнчи 545 килти хуçалăха 1.648 сура е кашнине виçшер сура сутнă. Кĕркунне вĕсем государствăна 83.5 тонна аш-какай е кашни кил 152 килограмм леççе панă.

Манăн тата тепĕр цифра çеç палăртса хăварас килет. Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне пĕлтĕр колхоз 153 центнер аш-ка[illegible]

### М. С. Горбачевпа Дж. Буш телефонпа калаçнă

Январĕн 31-мĕшĕнче США президенчĕ Дж. Буш М. С. Горбачев патне телефонпа шăнкăравланă. Вĕсем тĕнчери лару-тăрăвăн, уйрăмах Европари лару-тăрăвăн чи кирлĕ ыйтăвĕсем тĕлĕшпе, хĕçпăшал шутне чакарас ыйтусемпе иртterekен калаçусен малашлăхĕ тĕлĕшпе пĕр-пĕрин шухăшĕпе паллашнă. Мальтăра калаçса татăлнипе тĕпе хурса ĕçлеме шутланине сĕнерен палăртнă. ССР Союзĕпе США-н чи вĕçĕ руководителĕсем пĕрлĕ пĕр-пĕрипе тăтăшах çыхăнни питĕ кирлĕ пулнине, иккĕ ру[illegible]

[illegible] ĕçченĕсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутас енĕпе государство заказне пурнăçланă. Халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли плансене тата таварçаврăнăшĕн пĕтĕмĕшле калăпăшне тултарнă.

Çавăнпа пĕрлех республика экономикинчи лару-тăру çăмăл мар. 21 предприятипе пĕрлешӳ — договорти обязательствăсене, 12 предприяти — халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли госзаказа, 27 предприяти 1989 çулхи январь—ноябрь уйăхĕсенче [illegible] лĕ пысăк пелтерешлĕ изделисем тĕлĕшпе продукцие планпа пăхнă чухлĕ туса кăларман, 1988 çулпа танлаштарсан, 31 тĕрлĕ издели туса кăларассине чакарнă. Государствăна тĕштырă, çĕрулми, пахчаçимĕç, улма-çырла сутмалли, вĕсене туса илмелли плана тултарайман. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан Куславкка, Сĕнтĕрвăрри, Муркаш, Етĕрне районĕсем тата 102 хуçалăх — выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк аш-какайне туса илессине, Улатăр, Шупашкар районĕсем тата 106 хуçалăх — сĕт туса илессине чакарнă. Енесенчен пăру, сурăхсенчен путек илесси чакнă, ĕне выльăх, сурăх тата лаша вилесси ӳсне. Мĕнпур йышши выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк шучĕ палармаллах чакнă.

Пуранмалли çурт-йĕр туса лартмалли çулталăк планне — 99,4 процент, шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсем туса лартмалли плана 82,9 процент, больницăсем ĕçе кĕртмелли плана 63,6 процент çеç тултарнă. Чугун çул транспорчĕпе усă курасси палармаллах япăхланнă. Январь — ноябрь уйăхĕсенче вагонсене пушатмасăр тăрасси нормăпа пăхнинчен 11,4 процент ытларах пулнă. Вагонсене тиемелли ресурссем 1.144 вагон чухлĕ çухалнă. Хăйсем патне чугун çулĕ хывнă предприятисемпе организацисен 74 проценчĕ ытла вагонсене нормăпа палăртнинчен ытларах тытнă. Ваккăн сутмалли таварçаврăнăшĕн, çав шутра обществăлла апатланăвăн пĕтĕмĕшле калăпăшĕн çулталăк планне Горький чугун çулĕн Канаш ОРСĕ, «Фармация» производство пĕрлешĕвĕ, «Чувашместпром», «Чуваштоппром», «Чувашбытобслуживание» территори производство пĕрлешĕвĕсем, агропромышленность комплексĕн предприятийĕсем, Чăвашпотребсоюз, Шупашкар юханшыв порчĕн ОРСĕ тултарман. 8 предприяти рынок фончĕ тăрăх апат-çимĕçлĕх мар таварсем парса тăмалли плана 24,6 миллион тенкĕлĕх тултарайман. Çав шутра «Контур» завод, «Шупашкарти электроаппаратура завочĕ», «Промприбор» производство пĕрлешĕвĕсем, Улатăрти «Электроприбор» тата «Электроавтомат» заводсем продукци парса тăмалли плана чылай тултарайман. 1988 çулхипе танлаштарсан, 26 предприятипе организаци тӳлевлĕ пулăшу ĕçĕсем туса парассине чакарнă. Республика халăхне государство заказĕнче пăхнинчен 2,4 миллион тенкĕлĕх пулăшу ĕçĕсем туса парайман.

КПСС обкомĕ, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ, профсоюзсен область совечĕ комбиначĕн коллективне КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тата I степень дипломне парас;

Шупашкарти кабель изделийĕсен «Чувашкабель» завочĕн коллективне II степень дипломпа наградăлас.

Улатăрти механика завочĕн тата Шупашкарти «Энергозапчасть» электромеханика завочĕн коллективĕсем лайăх ĕçлеменне палăртас.

[illegible] ТАРАКАН

## ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ХУШШИНЧЕ

Канашри полимер материалĕсен завочĕн коллективне КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тата I степень дипломне парас.

«Чувашстройматериалы» производство пĕрлешĕвĕн Шупашкарти «Стройкерамика» завочĕн коллективне II степень дипломпа наградăлас.

Шупашкарти чăлхапа трикотаж фабрикипе Çĕмĕрлери тир-саран изделийĕсем туса кăларакан фабрика коллективĕсене III степень дипломĕсемпе наградăлас.

## ТРАНСПОРТ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ХУШШИНЧЕ

Шупашкарти троллейбус управленийĕн коллективне КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавĕпе I степень дипломне парас.

## ПĔРЛЕШӲСЕМПЕ ТРЕСТСЕМ ТАТА ВĔСЕМПЕ ТАНЛАШАКАН СТРОИТЕЛЬСТВО ОРГАНИЗАЦИЙĔСЕМ ХУШШИНЧЕ

Атăл тăрăхĕнчи автомобиль çулĕсен коллективне КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тата I степень дипломне парас.

«Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн отделка ĕçĕсем пурнăçлакан специализациленĕ управленийĕн коллективне II степень дипломпа наградăлас.

«Союзэкскавация» трест коллективне III степень дипломпа наградăлас.

## СПЕЦИАЛИЗАЦИЛЕНĔ МОНТАЖ ОРГАНИЗАЦИЙĔСЕМ ХУШШИНЧЕ

«Верхневолгопромвентиляция» трестăн Шупашкарти монтаж управленийĕн коллективне КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тата I степень дипломне парас.

«Верхневолгоэлектромонтаж» трестăн Шупашкарсе лайăхлатассишĕн» социализмла ăмăрту итогĕсем тăрăх КПСС обкомĕн, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн, профсоюзсен область совечĕн тата ВЛКСМ обкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавĕсене, çавăн пекех Союза пăхăнса тăракан промышленность предприятийĕсемпе специализациленĕ монтаж управленийĕсем хушшинче III степень дипломĕсене тата транспорт предприятийĕсем хушшинче II, III степень дипломĕсене парас мар тесе йышăннă.

2. Министерствăсемпе ведомствăсен, КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен, хулапа район ĕçтăвкомĕсен, ВЛКСМ обкомĕн, хула комитечĕсен, райкомĕсен, профсоюз обкомĕсен, парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсен, ĕç коллективĕсен хуçалăх руководителĕсен çулталăкра ĕçленин результачĕсене критикăлла тишкермелле тата çакна ĕç коллективĕсен пухăвĕсенче пăхса тухмалла. Кашни отрасль, предприяти, организаци, хулапа район тăрăх çитменлĕхсене пĕтерес, договорти тата ĕçпе производство тĕлĕшĕнчи дисциплинăна çирĕплетес тĕлĕшпе мерăсем палăртса хатĕрлесе пурнăça кĕртмелле.

3. Чăваш АССР Апатçимĕç тата продукци сутăн илес ĕç министерствин, райĕçтăвкомсен, агрокомбинатсен, колхозсен правленийĕсен, совхозсен дирекцийĕсен, парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсен Апатçимĕç программине пурнăçлассине хăйсен тĕп задачи тесе шутламалла. Продукци туса илессине ӳстерсе, 1990 çулта кашни çын пуçне ашкакай — 65 килограмм, сĕт 356 килограмм, пахчаçимĕç 92 килограмм парса тăмалла.

4. Строительство ведомствисен тата организацийĕсен, заказчик-предприятисен, снабжени органĕсен руководителĕсем, парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсем Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ çирĕплетнĕ республика экономикипе социаллă пурнăçне аталантармалли Государство планне пурнăçлас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлеме тивĕçлĕ. 1990 çулта мĕнпур çăлкуçсенчен укçа-тенкĕ уйăрнипе пурănмалли çурт-йĕр — 855,6 пин тăваткал метр, пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсем — 9.900 вырăнлăх, шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсем — 5.920 вырăнлăх, больницăсем — 200 койка вырăнлăх хута ямалла.

5. Министерствăсемпе ведомствăсем, суту-илӳпе йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕç, обществăлла апатлану руководителĕсем, предприятисемпе организацисен хуçалăх органĕсем ваккăн сутмалли таварçаврăнăшне государствăпа кооперации суту-илĕвĕнче кашни çын пуçне 1.360 тенке, тӳлевлĕ пулăшу ĕçĕсем туса парассине 161,9 тенке çитерме тивĕçлĕ.

* * *

**КПСС обкомĕ, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ, профсоюзсен область совечĕ тата ВЛКСМ обкомĕ республикăри ĕççыннисене вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕн планĕсене пурнăçлас енĕпе пысăк тухăçлă ĕçлеме, В. И. Ленин çуралнăранпа 120 çул, совет халăхĕ Аслă Отечественнăй вăрçăра Çĕнтерӳ тунăранпа 45 çул, Чăваш автономине туса хунăранпа 70 çул çитнине, КПСС XXVIII съездне тивĕçлипе кĕтсе илме чĕнеççĕ.**

# ПĔЧĔК ФЕРМĂРА

**Муркаш районĕнчи «Свобода» колхоза 1977 çулта ăратлă сыснасем ĕрчетекен завод ятне панă. Çавăнтанпа, вунвиçĕ çул хушши, ку отрасль хуçалăхра пĕр тикĕс аталанать, таса тупăш нумай парать.**

Фермăн шурă сурчĕсем [illegible] [illegible] пĕрлешсе кайнă пекех курăнаççĕ. Меллĕ, тӳпем вырăн суйласа илнĕ ку ферма валли. Çывăхрах — вăрман. Сывлăш янахах усă, таса. Ферма территорийĕнче урлă-пирлĕ выртакан пĕр япала та кураймастăн.

— Коллектив тăрăшуллă,— ферма ĕçĕ-хĕлĕпе паллаштарать колхоз председателĕ К. Я. Сретинский. — Иртнĕ çул республикăри колхозсемпе совхозсене 1.647 пуç ăратлă сысна сутрăмăр. Вĕсенчен 24-шĕ çеç пĕрремĕш класлă, ыттисем — элита.

Эпĕ 80-мĕш çулсен пуçламăшĕнче Патăрьелĕнче иртнĕ ăратлă выльăхсен республикăри выставкисене аса илетĕп. Ку хуçалăхран кашни çулах илсе пыратчĕç унта выльăхсем. Рекордсмен-аçасене, элита-амасене комисси пысăк хак паратчĕ, тĕрлĕ медальсемпе палăртатчĕ.

Халь, акă, усă картишĕнчи тăхăрвунă-çĕр килограмлă сыснасене, типĕ витесенчи клеткăсенче выртакан тап-таса çурасене пăхатăп та, коллектив малтанхи традицие çирĕп тытса пынине асăрхатăп.

— Ман шутпа, лайăх ăратлă сысна ĕрчетес тесен, выльăх пăхас ĕçре нихăш ĕçе те çиелтен тума юрамасть,— палăртать колхозăн тĕп зоотехникĕ М. В. Выюшкина.

Мария Варсанофьевна коллектив çинчен каласа парать. Акă, ку витере сыснасене тăваттăн пăхаççĕ: Таисия Калашникова, Людмила Валежникова, Юлия Романова, Алевтина Алексеева. Пурте вĕсем пĕрремĕш класлă ăстасем. Кашни вăтăр амаç пăхать. Унсăр пуçне, вĕсене аçасем çирĕплетсе панă. Паллах, çăмăл мар. Анчах хăйсен ĕçĕпе кăмăллă вĕсем. Тулта çирĕм градус сивĕ, витере, ак, çавăн чухлех ăшă. Теплогенератор пĕр шавсăр ĕçлет, калорифер ăшă парса тăрать. Витере типĕ.

— Мĕнле майпа çакăн пек [illegible] ыйтатăп свинаркăсенчен.

— Йĕркине эпир çеç тумастпăр. Пире механиксем те, инженерсем те нумай пулăшаççĕ, — тет Людмила Романовна Валежникова.

Çурасем илекен вите фермăра иккĕ. Вĕсенче çамрăк выльăхсене иккĕ уйăх тытаççĕ. Çирĕм килограма çитсен, ытти свинаркăсен аллине параççĕ. Акă, ку витере Светлана Чиновникова, Галина Степанова, Людмила Толикина, Галина Валежникова пĕр звенора. Çурасем таса, пурте çамăр, суйласа илнĕ тейĕн.

— Кашни талăкра вăтамран 576 грамм ӳт хушса пынă иртнĕ çул, — палăртать тĕп зоотехник. — Выльăх апатне скотниксем кӳрсе тăраççĕ. Вĕри шыв — кунтах. Пурин валли те вĕтĕ çĕрулми, кăшман пĕçереççĕ, ăшалана пăрçа, урпа хушаççĕ. Кормоцех пĕр тикĕс ĕçлет. Çуллахи вăхăтра коллектив хăй выльăх апачĕ хатĕрлеме тăрăшать. Сыснасемшĕн паха апат — вĕлтĕрен. Çывăхри вăрманта вăрă вăл çу каçипех ашкăрать. Çулма çеç ан ӳркен.

— Ӳркенмеççĕ. Хĕле валли те хатĕрлеççĕ вĕлтĕрене. «С» витамин, çăмахран, апельсинри чухлĕ, — тет, пирĕн калаçăва хутшăнса, колхоз председателĕ. — Пулă питĕ кирлĕ, анчах юлашки çулсенче ку ыйту йывăрлана пуçларĕ. Те тивĕçре пулли пĕтрĕ, те пулăçсем ывăнчĕç. Вăхăтран вăхăта çак апата парсан, ыттине перекетлеме те пулĕччĕ, выльăх организмне тĕ питĕ кирлĕ.

Перекетлĕх тĕнĕрен, акă мĕн палăртас килет. Тулли рационпа тăрантарни, ветеринарипе зоотехни нормисене çирĕп пурнăçласа пыни мĕнпур апата перекетлеме май парать. Акă, пĕр центнер ӳт хуштарма кунта 4,72 центнер апат единици каять. Çакă [illegible] катартавĕнчен чылай пĕчĕкрех. Ăратлă сысна ӳстернĕ чухне акă мĕн асра тытас пулать: вăл мĕн чухлĕ çиет, çавăн чухлĕ памалла апата, анчах рацион витаминсемпе пуян пулмалла. Ку шухăша свинаркăсем хăйсем çирĕплетеççĕ. Сысна ĕрчетнин тупăшлăхĕ пĕлтĕр 52 процента çитнĕ. Кашни пуçран хуçалăха 483 тенкĕ укçа кĕрет. Çакна анланма пулать: ăратлă сысна туянакансем хакшăн тытăнса тăмаççĕ.

### *Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем нумайрах туса илер*

Пире хальтерех çеç туса пĕтернĕ витене кăтартрĕç. Кунта сыснасем самăртма пуçлаççĕ. Икçĕр пуç вырнаçмалăх витере аллă клетка. Витен стенисем те, урайĕ те пĕтĕмпех юманран. Тĕреклĕ, паха. Платниксем вайăншăн ĕçлеменни тӳрех курăнать.

— 31 пин тенке ларчĕ, — пĕлтерет колхоз председателĕ. Шутлама пĕлеççĕ пулас хуçалăхра укçана.

Тепĕр пысăк ыйтăва татса парать ферма коллективĕ. Ку вăл — ял çыннисене çурасемпе тивĕçтересси. Колхоз территорийĕнче пурăнакансем амасем усрамаççĕ. Çурасемпе пĕтĕмпех çак ферма-завод тивĕçтерет. Кăçал ферма коллективĕ пилĕк пин çура илет. Вĕсенчен икĕ пинне халăха сутать. Кашни килограмне икĕ тенкĕ çурăпа. Анчах договорпа мар. Кил хуçи самăртнă сыснана е колхоза, е хатĕрлев организацине сутма пултарать. Теприсем калама та пултарĕç, тен: мĕн усси колхоза ун пек? Колхозника, ялта пурăнакана усă пулсан, колхоза та усă, государствăна та. Ăшĕ пултăр.

Килти хуçалăхсене выльăх апачĕпе тивĕçтерессин çинчен те кунта тĕплĕ шутланă. Ĕçлесе илнĕ кашни тенкĕ пуçне улăм, фуражлăх тырă тӳлевсĕр параççĕ. Хатĕрлев кантурĕ вăра кашни килограмм аш-какайшăн виçĕ килограмм комбикорм сутать. Унсăр пуçне, колхозниксем çĕрулми, выльăх кăшманĕ (процентпа) илеççĕ.

Ыйтăва çапла татса панни [illegible] калама сăрах палла. Акă, пĕлтĕр колхоз территорийĕнчи 545 килти хуçалăха 1.648 çура е кашнине виçшер çура сутнă. Кĕркунне вĕсем государствăна 83,5 тонна аш-какай е кашни кил 152 килограмм леçсе панă.

Манăн тата темиçе цифра çеç палăртса хăварас килет. Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне пĕлтĕр колхоз 153 центнер аш-какай туса илнĕ. Çав шутра 130,5 центнерĕ е 84 процентчĕ сысна ашĕ.

Хуçалăх государство заказĕсене те ăнăçлă пурнăçласа пырать. Иртнĕ çул, çăмахран, аш-какайпа — 124, сĕтпе — 105, çăмартапа 108 процент пурнăçланă.

Ферма, тӳрех каласан, пысăках мар. Кунта пурĕ те 150 тĕп ама, тĕрĕслемеллисем — 136. Анчах вĕсене тимлĕ пăхни, çурасене тĕрĕстĕкел пăхса ӳстерни колхоз-завода Апат-çимĕç программине ăнăçлă пурнăçлама май парать. Фермăра механизаци шайĕ паянхи пурнăç ыйтнă шая, тен тивĕçтермест. Халлĕхе ала вĕççĕн тумалли ĕç сахал мар. Çапах çынсем кăмăллă. Ĕçшĕн вĕсене юлашкинчен пулакан результатшăн тӳлеççĕ. Ĕç укçи уйăхне пĕлтĕр вăтамран 210 тенке ларнă.

Ку фермăра пулса куракан кашни çын акă мĕн шутласа илет: аш-какай ытларах туса илме пысăк комплекссем çеç мар, çакăн пек фермăсем те калама çук нумай пулăшаççĕ.

* * *

Çул тăрăх йăсăрка юхать, ферма сурчĕсем йĕри-таврах кĕрчĕсем купаланса пыраççĕ. Хутран-ситрен аванах сивĕтет. Анчах хĕл каçма тĕплĕ хатĕрленнĕ хуçасемшĕн вăл хăрушă мар: ăшă витере, тулăх апатпа выльăх-чĕрлĕх хăйне лайăх туять.

С. КАРЯГИН.

# УЛТĂ ÇЕМЬЕ КИЛНĔ

ÇАК кунсенче республикăра Бакуран васкавлăн тухса килекенсем çинчен тĕрлĕ сăмах сарăлчĕ. Шупашкарпа Çĕнĕ Шупашкара килнисене çийĕнчех çĕнĕ хваттерсем панă, имĕш. «Тĕрĕс-и ку?». — ыйтаççĕ хаçат вулакансем. Эпир çакăн пирки ăнлантарса пама Чăваш АССР Министрсен Совечĕн капитальнăй строительство, çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх пайĕн заведующийĕнчен М. Г. Андроновран ыйтрăмăр.

— Азербайджанран пирĕн республикăна январĕн 26-мĕшĕнче иккĕ, январĕн 29-мĕшĕнчĕ тăватă çемье килсе çитрĕ: офицерсемпе прапорщиксен арăмĕсем тата ачисем. Пилĕк çемье — Бакуран, пĕри — Сумгаитран. Кашни çын пуçне 100-шер, ăшă тумтирсĕр килнисене пальто тата хĕлле тăхăнмалли пушмак туянма 200-шер тенкĕ таран уйăрса панă. Республикăри совет органĕсем çак çемьесене çĕнĕ хваттерсемпе тивĕçтересси пирки нимĕнле решени те кăларман. Пирĕн республикăра Азербайджанран 200—300 çынна вырнаçтармалла. Унта кирек хăш вăхăтра та лару-тăру йывăрланса кайма пултарнине шута илмелле. Республикăри кашни района миçе çемье вырнаçтарассине телеграмма илнĕ хыççăнах палăртса хунă. Унтанпа икĕ эрне иртрĕ. Совет органĕсем палăртнă тăрăх пирĕн пата килекенсем ултă çемьерен ытла пулмарĕç.

### *Сас-хура: чăн е суя?*

Улатăр хула Совечĕн ĕçтăвкомĕнчен пĕлтернĕ тăрăх, вĕсем патĕнче Бакуран килнĕ упăшкипе арăмĕ — Киреевсем — пулнă. Иккĕшĕ те — пенсире. Вĕсене общежитири пĕр пӳлĕме вырнаçтарнă. Унтанах килнĕ пĕр çамрăка ĕçе вырнаçма пулăшнă. Аҫа пропискӑна аппăшĕ патĕнче тăратнă. Çак çынсем малтан Улатăрта пурăннă.

Çавăн пекех Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕнче амăшĕ патĕнче пропискăна тăрас ыйтупа пĕр çын пулнă. Унăн ыйтăвне çийĕнчех тивĕçтернĕ.

Ыттисем Çĕнĕ Шупашкарти тăванĕсем патне килсе вырнаçнă.

Ю. МИХАЙЛОВ.

# М. С. Горбачевпа Дж. Буш телефонпа калаçнă

Январĕн 31-мĕшĕнче США президенчĕ Дж. Буш М. С. Горбачев патне телефонпа шăнкăравланă. Вĕсем тĕнчери лару-тăрăва, чăннах Европари лару-тăрăван чи кирлĕ ыйтăвĕсем тĕлĕшпе, хĕспăшал шутне чакарас ыйтусемпе иртterekен калаçусен малашлăхĕ тĕлĕшпе пĕр-пĕрин шухăшĕпе паллашнă. Мальтăра калаçса татăлнине тĕпе хурса ĕçлеме шутланине çĕнĕрен палăртнă, ССР Союзĕпе США-н чи аслă руководителĕсем пĕр-пĕринпе тăташах сыхăнни питĕ кирлĕ пулнине, икĕ руководитель пĕр-пĕрне ăнланмалли тата пĕр-пĕринпе сыхăну тытса ĕçлемелли лару-тăрăва малалла çирĕплетме кирлине палăртнă.

(ТАСС).

# МУСКАВА ТУХСА КАЙНĂ

Суйлавçăсемпе тĕл пулма январĕн 25-мĕшĕнче пирĕн республикăна СССР космонавт-летчикĕ, икĕ хут Совет Союзĕн Геройĕ, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутачĕ А. Г. Николаев килни çинчен хаçатра пĕлтернĕччĕ. Кăçал ăна 143-мĕш Октябрьски наци-территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă. Ку округ тăрăхах депутат мандачĕшĕн тата иккĕн — Вăрмар районĕнчи «Путь Ильича» колхоз председателĕ И. М. Михайлов, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи Н. П. Федоров электромонтер кĕрешĕве хутшăнаççĕ.

Депутата суйлама тăратнă кандидатсем Шупашкар хулинчи Калинин районĕнчи, Сĕнтĕрвăрри, Куславкка, Вăрмар районĕсенчи тата Çĕнĕ Шупашкар хулинчи суйлавçăсемпе тĕл пулнă, вĕсене хăйсен суйлав умĕнхи платформипе паллаштарнă. Депутата суйлама тăратнă кандидатсене суйлавçăсем наказсем чылай панă.

Ĕнер А. Г. Николаев Мускава тухса кайнă. Шупашкарти аэропортра ăна КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ А. М. Леонтьев ăсатса янă.

# Вĕçевре— «Космос-2058»

**Кăçалхи январĕн 30-мĕшĕнче Совет Союзĕнче «Циклон» ракета-носительпе Çĕрĕн черетлĕ «Космос-2058» искусственнăй спутникне вĕçтерсе янă.**

**Спутник çине наука аппаратури вырнаçтарнă, укпа тĕпчĕ усăлăхне малалла тĕпчеççĕ.**

**Спутник çинчи аппаратура йĕркеллĕ ĕçлет.**

**(ТАСС).**

*Суйлав умĕн*

# ÇИТЕС ÇĔРЕ ÇИТМЕЛЛЕ...

**Пирĕн кандидатсем**

**Республикăри хĕрарăмсен совечĕн иртнĕ пленумĕнче РСФСР тата Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлама кандидатсем тăратас ыйтăва уйрăммăнах çивĕччĕн сӳтсе явнăччĕ. Чăваш АССР влаçĕн аслă органне, сăмахран, пир-авăр комбинатĕнчи художество мастерскойĕн начальникне М. Мичуринăна, А. Терентьева ветврача, М. Никитина бригадира, А. Алангина врача, З. Петрова культработника сĕнчĕç. Чылайччен калаçма хыççăн, пурте пĕр кăмăллă пулса, Зинаида Николаевна кандидатури çинче чарăнчĕç. Вăл — Шупашкар районĕнчи Çĕнъялти Культура çуртĕн халăх театрĕн режиссерĕ. «Пултаруллă, çынсемпе ĕçлеме, вĕсене хавхалантарма пĕлет, пуçăннă ĕçе вĕçне çитерет», — тенĕччĕ ун пирки Шупашкар районĕнчи хĕрарăмсен совечĕн председателĕ Ю. Судакова.**

Çак сăмахсен чăнлăхне Çĕнъялта пулса, хам курса ĕнентĕм. Уяв касĕ пулмаллаччĕ клубра. Зинаида Николаевна, вăр-вар та çыпăçуллăскер, юрă-ташша хутшăнакансемпе калаçать, сĕнӳсем парать. Çав вăхăтрах уяв сĕтелĕ мĕнле пуласси çинчен те манмасть: сăмаварсем хатĕр-и, чашăк-курка çитет-и? Пăхатăн та, хуçалăхшăн хыпса çунакан çын иккенне тӳрех туятăн.

...Акă вăл, чăваш кĕпи тăхăннăскер, сцена çине тухать, уяв пуçланни çинчен хыпарлать. Чăн-чăн артист вăл. Илĕртӳллĕ те çăмăл кĕлеткеллĕскер, выртан каскана та таша картине тăратма пултарать. Хĕрӳ чунлăскер, ыттисене те хĕмлентерме пĕлет.

З. Петрова — çĕнъялсемшĕн ют мар. Кунта çуралса ӳснĕ, вăтам пĕлӳ илнĕ. Çамрăклах юрлама-ташлама ăста пулнă. Шкулта вĕреннĕ чухне спектакльсем лартма хутшăннă. Г. Ивановпа пĕрле «Çарăк» юмахра карчăкпа старик ролĕсенче вылянă пĕрремĕш хут. Сăмах май, Г. Иванов Шупашкарта пурăнать, пир-авăр комбинатĕнче ĕçлет пулин те, халăх театрĕпе тачă çыхăну тытать.

«Класĕпех спектакльсене юрататтăмăр, — аса илет Зинаида Николаевна. — Пĕрремĕш учительница Татьяна Антоновна Фадеева ачасен художество пултарулăхне аталантарассишĕн нумай тăрăшнă. Ун хыççăн Антонина Артемьевна Алексеева аллине куçрăмăр. Чăваш чĕлхипе литератури вĕрентекенскер, шкулти драма кружокне ертсе пыратчĕ. Эпĕ культурăпа çутĕç училищин театр уйрăмне вĕренме кĕрсен питĕ савăннăччĕ. Эсĕ пĕр спектакльте выляннине кăна курасчĕ, тетчĕ. Шел, пурнăçĕ вăхăтсăр татăлчĕ».

Ашшĕ-амăшĕ те хĕрĕн кăмăлне хуçма шутламан. Вĕрентĕр, çын пултăр, тесе хавхалантарса пынă. Зинаида Николаевнăн шăллĕ — В. Захаров. Алькешри вăтам шкул директорĕ, паян кунччен те Çĕнъяла репетицисене çӳрет.

Артист пулса халăха хăйĕн пултарулăхĕпе савăнтарас ĕмĕт-тĕллев нихçан та канăç паман-ха ăна, анчах вăтам шкул пĕтернĕ хыççăн, тус-таншĕпе пĕрле виçев приборĕсен заводне ĕçе вырнаçнă. Республикăри пуканесен театрĕн студине вĕренме йышăнасси çинчен пĕлтерни ăнсăртран куç тĕлне пулин пурнăç çине çĕнĕлле пăхма хистенĕ. Кăнтарла — станок умĕнче тăнă, каçсерен артист пулма хатĕрленнĕ хĕр. Студире пултаруллă, малашлăхлă çынсем пуханнине чунпа туйса, Т. Морева режиссер вĕсене культурăпа çутĕç училищине, уйрăм ушкăн йĕркелесе куçарнă.

Виçĕ çултан ăстан пуçса тăван яла таврăннă З. Петрова, Культура çурчĕн директорĕнче ĕçлеме тытăннă. Туслă коллектив чăмăртанă хăй тавра. Ватти-вĕтти, вăйпитти — пурте чунĕсемпе клубалла туртăннă. Ара, çынсен кăмăл-туйăмне ăнланнă-çке çамрăк руководитель. Малтанхи вăхăтра, чăнах та, яш-кĕрĕм ытларах пуханнă-ха. Ваттисене нимĕнпе те илĕртсе илсе пыма май килменни чылайччен канăç паман директора.

«Каçхине, ĕç хыççăн, анне патне кайрăм. Пуханнă карчăксем, пурте алĕç тăваççĕ, калаçаççĕ, шӳтлеççĕ. Пĕтĕмлетсе каласан, улах лараççĕ. Ара, ку улаха ялти клуба туртса кăларма пулать вĕт, çиççе илчĕ шухăш, — тет Зинаида Николаевна. — Çĕрĕпе шутларăм. Сахал мар чупрăм, кашниннпе уйрăммăн калаçрăм. Шутланине турăмах. Асанне-кукамайсене халăх çине кăлартăм».

Çапла, вунă çул ытла ăнăçлă ĕçлет халĕ «Асанне» клуб. Хăйсен ансамблĕ те пур вĕсен. З. Петровăн пĕрремĕш учительници — Т. Фадеева, авă, балалайка ăсти. Купăс, гитара, мандолина калакансем, халăх инструменчĕсемпе вылякансем йышлăн çӳреççĕ унта.

«Çамрăксен клубĕнче» çемьери хутшăнусем, илемлĕх, сепĕçлĕх, çынлăх çинчен калаçусем, дискуссисем ирттереççĕ, килхуçи хĕрарăмĕсем апат-çимĕç хатĕрлес, кĕпе-тумтир ăсталас енĕпе ăмăртаççĕ, юрă-ташăра вăй виçеççĕ.

Ялта драма коллективĕ 1918 çултах Н. Федоров учитель тăрăшнипе чăмăртаннă, çулсерен аталанса, вăй илсе пынă. Пĕтĕм Союзри ĕççыннисен художество пултарулăхĕн Пĕрремĕш фестивальне хутшăнса, театр 1975—76 çулсенче В. Соллогубăн «Ачаш чĕре — чунилли» пьеси тăрăх спектакль хатĕрленĕ. Зонăри ăмăртура çĕнтерсе, республикăри оргкомитет йышăннипе, РСФСР зонин фестивальне — Владимир хулине кайма тивĕç пулнă. Унтан вăл чи пысăк наградăпа — Лауреатăн хисеплĕ ячĕпе тата пĕрремĕш степеньлĕ дипломпа таврăннă.

Халăх театрĕн пĕрремĕш чаршавне 1977 çулта Г. Александров режиссер лартнă «Пĕр хурăн çеç пĕлет» (А. Ларченкован) драмине уçнă.

1983 çултанпа халăх театрне З. Петрова режиссер ертсе пырать. Юлашки çулсенче сцена çине А. Толстойăн «Яла таврăнсан», Н. Айзманăн «Шикли шикленнĕ, кĕрĕк пĕркеннĕ», «Çӳлçипе хупăлчи», А. Афанасьевпа П. Андреевăн «Кашлать юманлăх», М. Акимов-Аруйăн «Илюк», Е. Никитинăн «Хаврук икке сывалать», М. Ухсайăн «Çу, çумăр, çу», Б. Васильевпа И. Ивановăн «Шурăмпуç килет шуралса», И. М. Кошкинскин «Эх, Иван» спектакльсене кăларнă.

«Кадыковский» совхоз ĕçченĕсем, вăтам шкул учителĕсем, пенсионерсем, ялти çамрăксем —халăх театрĕн ушкăнĕн хастар членĕсем. Ю. Петров сутуçă, В. Павлов учитель, аэропорт гостиницинче ĕçлекен Л. Кузьмина, комплексла йышăну пункчĕн приемщици Г. Самаева, В. Алмазова пенсионерка, вăрçă ветеранĕ С. Шихматов, В. Петровăпа Р. Прокопьева учительницăсем кашни ролех чĕре патне илсе выляççĕ, режиссера кулленхи ĕçре пулăшса пыраççĕ.

Зинаида Николаевна профессиллĕ театрсемпе çыхăну тытассине тĕп вырăна хурать. Акă, Чăваш академи драма театрнех илер. Вăл лартакан кашни спектакльтех пулма тăрăшаççĕ çĕнъялсем, аслă юлташĕсенчен сцена искусствин вăрттăнлăхĕсене вĕренеççĕ. Театр артисчĕсем хăйсем те хаваспах пырса çӳреççĕ. Акă, сăмахран, В. Кузьмина, Н. Булаткин, Н. Кириллов, Г. Медведев Çĕнъялти репетицисенче пĕрре кăна мар пулнă, ырă канашсем панă.

З. Петрова режиссерăн тĕп тивĕçĕ — спектакль хатĕрлесе халăх умне кăларасси. Кунпа кăна çырлахмасть вăл, рольсене тӳрремĕнех хутшăнать: Дарья Семенова, Илюк арăмĕ — Настук, Кĕтерук...— пурне те каласа пĕтереймĕн — кашнин сăнарĕ чĕрĕ те ĕненмелле пулса тухнă, çынсем хапăлласа йышăнаççĕ. Ялти çамрăксене воспитани парас тĕлĕшпе сахал мар ĕçсем туса ирттернĕ. Тĕлпулу каçĕсене, уявсене пĕрле пухăнса паллă тăвасси çирĕпленнĕ Çĕнъялта. Совет Çарĕпе Тинĕс Çар флотĕн кунĕ тĕлне «Пуç таятпăр, салтак-ветеран», мартăн 8-мĕшĕ ячĕпе «Çемье тĕрекĕ эсĕ, анне» инсценировкăллă каçсем ирттерме палăртнă.

Зинаида Николаевнăна Çĕнъял тăрăхĕнче хисеплесе сума сăваççĕ. Паллах, пултаруллă режиссер пулнăшăн кăна та мар. Вăл — ял Совечĕн ĕçтăвкомĕ çумĕнчи тата районти хĕрарăмсен совечĕн членĕ те, культурăпа массăллă ĕçсен комиссине ертсе пырать. Вăйхалне ĕненсе, хăйне шанса, ăна 181-мĕш Çĕнъял округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама кандидата тăратрĕç.

Кандидатăн суйлав умĕнхи платформи паянхи пурнăçпа тачă çыхăннă. Ял халăхĕн ĕçпе йăла, кану условийĕсене лайăхлатасси тĕп вырăнта. Культура çурчĕсем çур ĕмĕр каялла лартнăскерсемех, вĕсене çĕнетсе улăштармалла. Мошкасси çыннисем магазинсăр, клубсăр, фельдшер пункчĕсĕр пурăнаççĕ, пĕрле пуханса калаçма хурал пӳрчĕ те çук. Кирек мĕнле ыйтупа та Çĕнъяла çӳреме тивет. Треньккассисем автобус çӳременшĕн пăшăрханаççĕ. Çакна татса пама йывăрах та мар: 102-мĕш маршрута тăсмалла кăна. Шкулсем кивелнĕ. Акă, Алькешринех илер. Темиçе çуртра вырнаçнă вăл. Çĕннине лартма тахçанах вăхăт.

Çуралнă ен шăпи, унăн малашлăхĕ канăç памасть вăтăр пилĕк çулхи кандидата. Ялта çуралса ӳснĕ, çемье çăлтавне пула халĕ хулара тымар янă çын çакна чунĕпе туять.

Мăшăрĕ, Михаил Иванович, «Машзавод» производство пĕрлешĕвĕнче çирĕм çул ытла вăй хураканскер, арăмне хавхалантарса, пулăшса пырать. Унсăр юратнă ĕçпе çемье лавне пĕр харăс туртса пыма çăмăлах пулмĕччĕ. Ывăлпа хĕр çитĕнет çемьере. Женя пиллĕкмĕш класа çӳрет, Таня — пĕрремĕшне.

«Юлашки вăхăтра аэропортран Çĕнъяла 4а маршрутпа автобус çӳреме тытăннăшăн савăнатпăр. Унччен мĕнле май килнĕ — çапла тухса утнă,— тет З. Петрова. — Пытармастăп, ĕç вырăнне улăштарас пирки те шутланă йывăр самантсенче».

Çынсем хушшинче культурăпа воспитани ĕçне туса пыраканăн хăйĕн нумай пĕлмелле. Çапла шутласа Чăваш патшалăх университечĕн историпе филологи факультетне, чăваш уйрăмне, вĕренме кĕнĕ вăл. Педагог дипломне алла илсен Пархикассинчи шкула куçма сĕнекенсем те пулнă.

«В. Алмазова пенсионерка сăмахĕсем халĕ те хăлхарах. Эсĕ кайăн-ха, эпир репетицисене мĕнле çӳрĕпĕр-ши? Çулĕ çывăх мар-çке, тени чунах пырса тиврĕ», — тет режиссер.

Кунсерен çуралнă ялти Культура çуртне васкать Зинаида Николаевна, чунĕ унталлах туртăнать. Шупашкар хулин кăнтăр енчи çĕнĕ районĕнчен Çĕнъяла хутлать. Юрĕ-çумăрĕ те, сивви-ăшши те тытса тăмаççĕ: çитес çĕре çитмелле —халăх кĕтет.

**В. СМИРНОВА.**
Шупашкар районĕ.

ССР Союзĕн утлă спортăн пĕрлешнĕ командин членĕ Михаил Козлов ăмăртусенче 600 хут ытла çĕнтернĕ. Государствăн Кубань тăрăхĕнчи лаша заводĕнче çитĕнтернĕ Соррентто ăйăр ăна уйрăмах пысăк ӳсĕмсем тума пулăшнă. Тĕнчери ăмăртура çак лаша 1600 метра 1 минут та 58,6 çеккунтра чупса тухнă. Унччен маларах спортсмен Венăра çĕнтерсе 125 пин шиллинг парне илнĕ. Умра — Францири, Федерациллĕ Германи Республикинчи, Англири, США ăмăртусем. Тĕнчери чи паллă лаша завочĕсем Соррентăна миллион доллар парса туяма хатĕр. Çав лашапа тĕнчери ипподромсене тухнăшăн кăна 25—35 пин доллар сĕнеççĕ.

Михаил Козлов лашасемпе юнашар ӳссе çитĕннĕ, темелле. Унăн аслашшĕ утлă спорт енĕпе Россия чемпионĕ пулнă, ашшĕ дивизири ветеринари службин начальникĕ пулнă.

Ӳкерчĕк çинче: туссем.

И. Уткин фотоӳкерчĕкĕ.
(ТАСС).

## Российăн Наукăсен академийĕ пулать

РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ çапла йышăннă: паллă ученăйсен тата наука коллективĕсен, республикăри чылай предприятисемпе организацисен РСФСР Верховнăй Совечĕн наукăпа техника комиссийĕ пăхса тухса ырланă сĕнĕвĕсене, СССР наукăсен академийĕн общественноçĕн тата Президиумĕн шухăшне шута илсе, ырлас — РСФСР Наукăсен академине туса хурас.

РСФСР Министрсен Советне РСФСР Наукăсен академине туса хурас тата унăн ĕçне йĕркелесе ярас тĕлĕшпе мерăсем пурнăça кĕртме хушнă.

(ТАСС).

## «АСТĂВĂМ» КĂЛАРАС ЫЙТУПА

Ĕнер Шупашкарта республикăри «Астăвăм» кĕнеке кăларас тĕлĕшпе ĕçлекен редакци коллегийĕн черетлĕ ларăвĕ пулса иртнĕ. Ăна редколлеги председателĕ, КПСС обкомĕн идеологи пайĕн заведующийĕ Н. В. Пыркин ертсе пынă.

Ларура «Астăвăм» кăларма хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен ыйту пăхса тухнă. Редколлеги председателĕн заместителĕ, КПСС обкомĕн государствăпа право пайĕн заведующийĕ А. И. Овчинников пĕлтернине итленĕ. Республика çарĕç комиссариачĕн пай начальникĕ А. А. Кочуров, Чăваш АССР Издательствăсем, полиграфи тата кĕнеке сутас ĕç государство комитечĕн председателĕ Б. П. Васильков тата ыттисем тухса каланă.

Ларура редакци коллегийĕн кăçалхи ĕç планне пăхса тухса çирĕплетнĕ.

## «Диалог» журналăн пĕрремĕш номерĕ

КПСС Центральнăй Комитечĕн обществăлла-политикăлла «Диалог» журналăн пĕрремĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Журнал КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕн, КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕн В. А. Медведевăн калаçăвĕпе уçăлать. Журнал вулакансене «Парти тата общество», «Политикăллă кĕрешӳ», «Идейăсемпе концепцисем» пайсенчи тата ытти материалсем тăрăх дискуссисене хутшăнма сĕнет.

«Кам паян большевик» статьяра Ю. Соломонов партире вăйсем мĕнле пулни тата обществăлла наукăсем çĕнетӳре мĕнле вырăн йышăнни çинчен хăйĕн шухăшĕсене пĕлтерет. Ю. Давыдов, В. Межуев, А. Гусейнов, В. Попов статйисенче философи ыйтăвĕсене хускатнă.

«Уççăн калаçни» рубрикăпа вулакансен çырăвĕсем пичетленсе тухнă.

КПСС Ленинград обкомĕпе хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕн Б. В. Гидасповăн статйин тĕп теми — вăйсене пĕтĕçтерессии тата çул-йĕр суйласа илесси.

Л. Семинăн «Граждапла вăхăт законĕсем тăрăх» ятлă тĕпчев ĕçĕнче тĕрлĕрен обществăлла юхăмсемпе фронтсен позицийĕ çинчен каласа панă.

Журнал хуплашки çинче — Донецкри çамрăк шахтерăн СССР халăх депутачĕн Н. Ченцовăн портречĕ. «Забастовка пулмасан та пултарнă», — тет вăл çĕршывăн сĕркăмрăк кăларакан районĕсенчи событисене тишкернĕ май.

Номерте вырăссен паллă экономисчĕ Н. Д. Кондрать-

*Çивĕч сигнал*

**СЫВЛĂШ МĔНШĔН**

**Суйлавçă шухăшĕ**

# ХĂÇАНЧЧЕН ТЕРТЛЕНĔÇ?

Суйлава хатĕрленнĕ тапхăрта мана, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председательне, пулнă май, час-часах халăх хушшине тухма тивет. Çынсем çивĕч ыйтусем хускатаççĕ, Ишек больницине уçас пирки сăмах пуçараççĕ.

Шупашкар районĕнчи Ишекри больница революци хыççăнхи çулсенчех ĕçлеме тытăннă. Ăна çак ялта çуралса ӳснĕ, алла врач дипломне илнĕ И. А. Мамутин тăрăшнипе уçнă. Ун чухнехи больница Ишек ... ... 1936 çулта ĕçе кĕртнĕ. Ку таврари çынсем ун чухне тата каярахпа ĕçленĕ врачсене — И. Я. Яковлева, А. С. Сергеевăна, К. С. Сидоровăна ырăпа асăнаççĕ. Халĕ Чăваш государство университетĕнче ĕçлекен В. Н. Саперов профессор та врач ĕçне çак больницăра пуçланă.

Больницăра Ишек тăрăхĕнчи 32 ялти çынсене тĕрлĕ чир-чĕртен сыватнă. Кунта Шупашкарти врачсем те килсе çӳренĕ. Халĕ те астăвасçĕ-ха васкавлă пулăшу ... туберкулез чирĕнчен сыватмалла тăвас енĕпе постановлени йышăннă. Çак вăхăтран ку таврари ялсенче пурăнакан чирлĕ çынсемпĕн больница пачах хупăнать. Унта Шупашкар районĕнчи тата республикăри ытти районсенчи туберкулезпа чирлекен çынсене сыватма тытăнаççĕ

Вырăнти халăх çине тăнипе 1966 çулта больница çумĕнче 20 çынна сыватмалăх терапи уйрăмĕпе ача çуратмалли уйрăм уçаççĕ.

1974—76 çулсенче, боль... тăрать. Районти ĕçлĕ çынсем, вырăнти халăхпа канашламасăрах, вăрттăн, Ишек больницине хупса хураççĕ. Çавăнтанпа ку тăрăхри çынсем сипленме Ишлейпе Кӳкеç больницисене çӳреççĕ. Çăмăл-и чирлĕ çынна инçе çула тухма?

Халĕ Ишекри больницăна уçма майсем пур. Больницăн тĕп çурчĕ пуш-пушă ларать. «Слава» колхоз дирекцийĕ, шкул ачисем валли ĕçпе кану лагерĕ уçас шутпа, 1988 çулта юсав ĕçĕсем туса ирт... шыв пăрăхĕсемпе ăшăтмалла тума та май пур.

Иртнĕ çулхи ноябрь уйăхĕнче «Советская Чувашия» хаçатра Ишек больницине уçасси пирки ыйту хускатнăччĕ. Унтанпа икĕ уйăх ситрĕ. Паянхи куна ситсе те Чăваш АССР Сывлăха сыхлас ĕç министерствинчен ответ илеймерĕм. Кӳкеçри тĕп больница руководителĕсем те шарламаççĕ.

Юлашки çулсенче ирĕн çĕршывра ял çыннисен пурнăçне лайăхлатас тесе сахал мар ĕçлерĕç. Ялти пурнăç шайне çĕклес тесен, сывлăх учрежденийĕсем çине те тимлĕ пăхмалла. Анчах, шел пулин те, 30 ял çынни тархасласа ыйтни сав-савах усă

пултарулăхĕпе ... çавăнтах ... ĕмĕт-тĕллев пиçсан та канăç паман-ха ăна, анчах вăтам шкул пĕтернĕ хыççăн, тус-тан-

гитара, мандолина калакансем, халăх инструменчĕсемпе вылякансем йышлăн çÿреççĕ унта.

—халăх театрĕн ушкăнĕн хастар членĕсем. Ю. Петров су-

лайăхлатасси тĕп вырăнта. Культура çурчĕсем çур ĕмĕр

В. СМИРНОВА.
Шупашкар районĕ.

тухнă. Журнал КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕн, КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕн В. А. Медведевăн калаçăвĕпе усăлать. Журнал вулакансене «Парти тата общество», «Политикăллă кĕрешÿ», «Идейăсемпе концепцисем» пайсенчи тата ытти материалсем тăрăх дискуссисене хутшăнма сĕнет.

«Кам пани большевик» статьяра Ю. Соломонов партире вăйсем мĕнле пулни тата обществăлла наукăсем çĕнетÿре мĕнле вырăн йышăнни çинчен хăйĕн шухăшĕсене пĕлтерет. Ю. Давыдов, В. Межуев, А. Гусейнов, В. Попов статйисенче философи ыйтăвĕсене хускатнă.

«Уççăн калаçни» рубрикăпа вулакансен çырăвĕсем пичетленсе тухнă.

КПСС Ленинград обкомĕпе хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕн Б. В. Гидасповăн статйин тĕп теми — вăйсене пĕтĕçтересси тата çул-йĕр суйласа илесси.

Л. Семинăн «Гражданла вăхăт законĕсем тăрăх» ятлă тĕпчев ĕçĕнче тĕрлĕрен обществăлла юхăмсемпе фронтсен позицийĕ çинчен каласа панă.

Журнал хуплашки çинче — Донецкри çамрăк шахтерăн СССР халăх депутачĕн Н. Ченцовăн портречĕ. «Забастовка пулмасан та пултарнă», — тет вăл сĕршывăн сĕркăмрăк кăларакан районĕсенчи событисене тишкерсе май.

Номерте вырăссен паллă экономисчĕ Н. Д. Кондратьев çинчен каласа панă статья пур. Номерте «Общественность шухăшлавĕн мониторингĕ» рубрика усăнă. Г. Каспаровпа А. Карпов хăйсен шухăшĕсене пĕлтереççĕ.

(ТАСС).

АССР Издательствăсем, полиграфи тата кĕнеке сутас ĕç государство комитечĕн председателĕ В. П. Васильков тата ыттисем тухса каланă.

Ларура редакци коллегийĕн кăсалхи ĕç планне пăхса тухса çирĕплетнĕ.

*Суйлавçă шухăшĕ*

# ХĂÇАНЧЧЕН ТЕРТЛЕНĔÇ?

Суйлава хатĕрленнĕ тапхăрта мана, ял Совечĕн ĕçтовкомĕн председателĕ пулнă май, час-часах халăх хушшине тухма тивет. Çынсем сивĕч ыйтусем хускатаççĕ. Ишек больницине усăс пирки сăмах пуçараççĕ.

Шупашкар районĕнчи Ишекри больница революци хыççăнхи çулсенчех ĕçлеме тытăннă. Ăна çак ялта çуралса ÿснĕ, алла врач дипломне илнĕ И. А. Мамутин тăрăшнипе уçнă. Ун чухнехи больница Ишек чиркĕвĕн пĕр кивĕ çуртĕнче вырнаçнă. 1932 çулта больница валли ятарласа çĕнĕ çурт тума тытăннă. Ăна 1936 çулта ĕçе кĕртнĕ. Ку таврари çынсем ун чухне тата каярахпа ĕçленĕ врачсене — И. Я. Яковлева, А. С. Сергеевăна, К. С. Сидоровăна ырăпа асăнаççĕ. Халĕ Чăваш государство университетĕнче ĕçлекен В. Н. Саперов профессор та врач ĕçне çак больницăра пуçланă.

Больницăра Ишек тăрăхĕнчи 32 ялти çынсене тĕрлĕ чир-чĕртен сыватнă. Кунта Шупашкарти врачсем те килсе çÿренĕ. Халĕ те астăваççĕ-ха васкавлă пулăшу самолечĕсем анса ларнине.

1963 çулхи март уйăхĕнче Чăваш АССР Министрсен Совечĕ Ишек больницине туберкулез чирĕнчен сыватмалла тăвас енĕпе постановлени йышăннă. Çак вăхăтран ку таврари ялсенче пурăнакан чирлĕ çынсемшĕн больница пачах хупăнать. Унта Шупашкар районĕнчи тата республикăри ытти районсенчи туберкулезпа чирлекен çынсене сыватма тытăнаççĕ.

Вырăнти халăх çине тăнипе 1966 çулта больница çумĕнче 20 çынна сыватмалăх терапи уйрăмĕпе ача çуратмалли уйрăм уçаççĕ.

1974—76 çулсенче больницăпа юнашар ялти вăтам шкулăн икĕ хутлă çурчĕ çĕкленсе ларчĕ. 1977 çулта, шкул ĕçе кĕрсен, юнашарти больницăна хупас ыйту тухса тăрать. Районти ĕçлĕ çынсем, вырăнти халăхпа канашламасăрах, вăрттăн, Ишек больницине хупса хураççĕ. Çавăнтанпа ку тăрăхри çынсем сипленме Ишлейпе Кÿкеç больницисене çÿреççĕ. Çăмăл-и чирлĕ çынна инçе çула тухма?

Халĕ Ишекри больницăна усма майсем пур. Больницăн тĕп çурчĕ пуш-пушă ларать. «Слава» колхоз дирекцийĕ, шкул ачисем валли ĕçпе кану лагерĕ уçас шутпа, 1988 çулта юсав ĕçĕсем туса ирттерчĕ. Кĕпе-йĕм çумалли тата апат-çимĕç пĕçермелли çуртсем те чиперех. Больница çуртĕнчен инçех мар котельнăй вырнаçнă. Çурта шыв пăрăхĕсемпе ăшăтмалла тума та май пур.

Иртнĕ çулхи ноябрь уйăхĕнче «Советская Чувашия» хаçатра Ишек больницине усасси пирки ыйту хускатнăччĕ. Унтанпа икĕ уйăх ситрĕ. Паянхи куна ситсе те Чăваш АССР Сывлăха сыхлас ĕç министерствинчен ответ илеймерĕм. Кÿкеçри тĕп больница руководителĕсем те шарламаççĕ.

Юлашки çулсенче пирĕн сĕршывра ял çыннисен пурнăçне лайăхлатас тесе сахал мар ĕçлерĕç. Ялти пурнăç шайне çĕклес тесен, сывлăх учрежденийĕсем çине те тимлĕ пăхмалла. Анчах, шел пулин те, 30 ял çынни тархасласа ыйтни çав-çавах усă тăрать-ха. Тата хăçанччен тертленĕç Ишек таврашĕнчи ялсенче пурăнакансем?

Ф. КОНСТАНТИНОВ.

*Çивĕч сигнал*

# СЫВЛĂШ МĔНШĔН ТАСА МАР?

Статистика пурне те пĕлет теççĕ. Юлашки вăхăтра, акă, Чăваш АССР статистика управленийĕ республикăра атмосферăна таса тытас енĕпе кам мĕнле ĕçленине те шута илме пуçларĕ. Унти цифрăсем чăннипех шута яраççĕ.

1989 çулта республикăри предприятисемпе организацисем атмосферăна 122,5 пин тонна сиенлĕ япаласем кăларнă. Çакă вăл, унччен хи çулпа танлаштарсан, 3 пин тонна нумайрах. Çапла вара хамăр пурăнакан тавралăха ытларах та ытларах варалатпăр.

Çакăн тĕп сăлтавĕ — таса мар производствăсенче тусан пуçтаракан оборудовани сителлĕклĕ вырнаçтарса лартманни, пуррисем те йĕркеллĕ ĕçлеменни. 1987 çулта сиенлĕ япаласен — 44 процентне, висĕмçул — 42,8 процентне тытса юлнă тата сиенсĕрлетнĕ пулсан, 1988 çулта çак кăтарту 41,8 процент шутланнă. Курăнать ĕнтĕ, питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕçре çуллен каялла чакатпăр.

Сывлăша пуринчен ытла газ евĕр тата шĕвĕ япаласем вараласçĕ. Иртнĕ çул вĕсене 109,7 пин тонна кăларса янă. Çак япаласене 27,5 тонна чухлĕ çеç тытса юлнă. Ку чухнехи технологи вĕсемпе иккĕмĕш хут усă курма май парать. Республикăри предприятисенче вара газ евĕр тата шĕвĕ япаласен 0,1 процентчĕпе çеç тепĕр хут производствăра усă курнă.

Хытă йышши япаласемпе лару-тăру лайăхрах. Пĕлтĕр савăн пек сиенлĕ япаласем 73,3 пин тонна пулнă, çав шутран 60,5 пин тоннине тытса юлнă, 22,8 пин тоннипе иккĕмĕш хут усă курнă.

Уйрăм предприятисемпе организацисене илсен, кăтартусем питĕ уйрăлса тăраççĕ. Халлĕхе чылай çĕрте хуçалăх руководителĕсем экологи ыйтăвĕсем çине тивĕçлипе çаврăнса пăхмаççĕ-ха. Ку енĕпе энергетика отраслĕн предприятийĕсенче ситменлĕхсем нумай. Юлашки çулсенче вĕсем сывлăша ытларах та ытларах вараласçĕ.

Статистика даннăйĕсене шута илсе, сывлăша сиенлĕ япаласемпе нумай варалакан предприятисемпе организацисенчен çирĕпрех ыйтма вăхăт мар-ши?

Н. АЛЕКСАНДРОВ.

*Çĕнĕ рубрика:* ***Тĕрлĕшухăшлăх трибуни***

# МĔНЛЕ ПУРĂНМАЛЛА?

**РЕДАКЦИРЕН:** Çыру авторĕпе нумай енчен килĕшме пулать, хăшпĕр шухăшĕсемпе килĕшме те çук. Çапах унта, пирĕн шутпа, халăх хушшинче çÿрекен шухăш-кăмăла пултарнă таран çутатма тăрăшни сисĕнет (автор политолог та, социолог та, журналист та мар — экономист), çавăнпа тепĕр чухне калас тенĕ шухăша пăтранулларах çырнине те, пусланă хыççăн вĕçне çитерсе пĕтерейменнине те касарăпăр. Çыру, кĕскен каласан, каласма, тавлашма, шутлама чĕнет. «Мĕнле пурăнмалла?» — ку ыйту пани пурне те шухăшлаттарать. Çак сырăва пичетлесе эпир сире те, хаклă вулакансем, калаçăва чĕнесшĕн.

**К**ЕРЕТЛĔХ ВАХАТĔНЧЕ тĕрлĕ шухăша уççăн палăртса калани пурнăçа çĕнетме пулăшать. Чăнлăх усă тавлашура çуралать.

Эпĕ вата çын: Сталин саманинче çуралса çитĕннĕ, вĕреннĕ, ăстана çирĕплетнĕ, вăрса та хутшăннă, сĕршыври йывăрлăхсемпе пысăк ÿсĕмсене халăхпа пĕрле чăтса е савăнса чĕрене кĕртнĕ; Хрущев тăвакан çĕнĕлĕхсемпе улшăнусене куçкĕрет курса тĕлĕннĕ. Брежнев вăхăтĕнчи ăссăрла ĕçсене чун-чĕрепе хирĕçлесе, çăвар уçса каламасăр пурăннă. Çавнашкал пурнăç пулнă вăл Вăхăтсенче... Паян пурне те уççăнах каламасан та, пĕр шиклениесĕрех хĕюллăн шухăшлама пулать. Пурнăç çулĕ çинче курса илтнисене пĕтĕмлетсе, халĕ манăн çирĕп шухăшлав никĕсленчĕ. Тен, вăл пуриншĕн те килĕшÿллĕ пулмĕ, çапах хăшпĕр шухăшăмсене пĕлтересшĕн. Ырă çын шухăшĕ ялан халăх телейĕшĕн, йĕркеллĕ малашлăхшăн пулмалла! Пĕтĕм халăх пурнăçĕ çителĕклĕ пулсан, уйрăм çын та лайăх пурăнĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче обществăри йĕркесене тĕпрен улăштармалли саккунсем йышăнаççĕ, вĕсем пурнăçăн нумай та тĕрлĕ енне пырса тиveççĕ. Пирĕн обществăри чи хакли çын пурнăçĕ пулсан, кивелнĕ йĕркесене улăштарса çĕнетесси чи малтанах çынсен ăс-хакăлĕнчен, шухăшлавĕнчен, харпăр хăй ăнланулăхĕнчен, тавракурăмĕнчен, харпăр хăй тĕллĕн ĕçлеме пултарнинчен, ĕçре çаврăнăçуллă пулнинчен, пĕр сăмахпа — пирĕнтен хамăртан килет.

Çын факторĕ çĕнетÿре чăннипех тĕп вăй пулса тăрать.

Ача салĕнчен пуçласа шкултан вĕренсе тухиччен вуншар çул хушши пирĕн пуянс ăрава кăткăс пурнăçа ансатласа вĕрентеççĕ. Пирĕн ачасем аш-амăшĕн лайăх енĕсемпе пĕрлех вĕсен çитменлĕхĕсене те вĕренсе пыраççĕ. Аслисем, икĕпитленсе, сăмахпа ĕçе икĕ тĕрлĕ тунине шухăшламасăрах йышăнса, çамрăккисем кун пек пурăнассине йăлана кĕртеççĕ, çапла майпа кивĕ шухăшлав тыткăнне лекеççĕ. Кивĕ йĕркесене хăнăхса çирĕпленнĕ çынсен ăнланăвĕпе тавракурăмне улăштарма йывăр. Революцилле улшăнусем хуçалăхăн аялти сыпăкĕсенче питĕ вăраххăн, иккĕленÿллĕн пулса пыни куçкĕретех, шухăшлав пурнăçри улшăнусенчен юлни сисĕнет. Çĕнĕ пурнăçа малалла аталантарма çамрăк ăрăва çĕнĕлле вĕрентсе çитĕнтермелле. Çамрăксен чунне усаллинчен упраса хăварасчĕ, вĕсен ăстăнне пăсса çĕртес марччĕ.

Хальхи вăхăтра уççăнлăхпа демократизаци, законлăхпа тĕрĕслĕхшĕн пыракан кĕрешÿ кунран-кун вăйланса пырать. Çĕнĕлĕхсем вăй хурса ĕçлеме хистеççĕ. Çĕршыв хуçалăхĕнче çĕнĕ меслетсене чăрмантаракансем ĕççĕр лармаççĕ, вĕсем аларан вĕçертнĕ тупăшлă ĕç вырăнĕсемпе çăмăллăхсене каялла тавăрас шутпа аталанăва ура хурса пыраççĕ. Çакăн пек вăхăтра çĕнетÿ тĕллевĕсене пурнăça кĕртес тесе ĕçлекенсен хăйсен ĕç вырăнĕнче кирек мĕнле ыйтăва та тĕрĕс, лайăх шухăшласа татса пама тăрăшмалла, ответлăха туймалла, пĕр енчен тепĕр еннелле сулăнмалла мар.

**П**ИРĔН обществăра паянхи куна Коммунистсен партийĕ пĕртен-пĕр ертсе пыракан пысăк вăй пулнине пурте пĕлеççĕ. Партие тасатма кирлине те уççăн калатпăр. Чăнах та, парти ретĕнче бюрократсем, общество пурлăхне çаратакансем, икĕпитлисем сахал мар пулчĕç. Çавна пулах халăх хушшинче парти авторитечĕ чакса кайрĕ, мĕншĕн тесен çÿлте йышăннисене аялти сыпăкрисем хăйсене кирлĕ пек «пурнăçлаççĕ». Коммунистсем ялан ырă тĕслĕх пулса пысăк ответлăхпа пуçарулăх кăтартса пымаççĕ. Хăйсен ответлăхĕнчен хăраса е урăх сăлтавпа парти билечĕсенчен хăтăлакансем те пур. Кăна вара мĕнле хакламалла-ши? Ман шутпа, парти ăнсăртран лекнĕ çынсенчен тасални унта чăн-чăн коммунистсем кăна юлнине пĕлтерет. Хăшпĕрисенчен тасални партишĕн усăллă пулĕччĕ теме те пулать. Парти хăйне хăй çĕнетсе лайăхлатас çул çине тăнă ĕнтĕ. «Эпир — Ленин партийĕн членĕсем» тенине кунсеренех илтетпĕр. Ман шутпа, «Коммунистсен партийĕн членĕсем» тени тĕрĕсрех пулĕ. Мĕншĕн тесен, Ленин чухнехи парти членĕсен ытларах пайне Сталин саманинче тĕп тунине халĕ пурте пĕлеççĕ. Эпир Ленин ялавĕ айĕнче Сталин ертсе пынипе мĕнлерех «социализм» туни те паллă. «Чăн-чăн ленинец» Брежнев халăха мĕн тери минретсе улталаса пурăнни те тăрă шыв çине тухрĕ. Ленинпа пĕрле ĕçленĕ е ун вăхăтĕнчи парти членĕсем пĕтĕмпех пĕтрĕç, вĕсем вырăнне пĕрьевĕрлĕ шухăшласа, пĕр çын пек сасăлакансем ÿссе çитĕнсе бюрократла-административла ăшă вырăнсене йышăнчĕç, халăха вĕрентсе-ертсе пыма тытăнчĕç. Çавсем ĕнтĕ сĕршыври халăхсене паянхи йывăр пурнăç патне илсе çитерчĕç.

Тĕлĕнмелле: сĕршыва ертсе пыракансем хăйсен ĕçпе ялан халăх ячĕпе туса пынă, вĕсем калана сăмахсене пĕтĕм халăх ĕненсе чăн сăмахсем вырăнне йышăнса пурăннă. Паллах, килĕшменнисем те пулнă, анчах вĕсем пĕтчĕншерĕн, пĕтсе пынă. Халĕ тин, сĕршыв сакăрвуннăмĕш теçеткере чух, çав «ĕссем» пирки уççăн каласма пуçларĕç.

**Киввипе çĕннине килĕштерме хăтланни вырăнлă мар.** Экономикăна тĕпрен улăштармалли чăн-чăн революци çĕнĕ законсем йышăннă хыççăн тин пуçланать. Теори халлĕхе пурнăçран юлса пырать. Сĕршыври наука академийĕсем мĕн тăваççĕ-ха? Ленин вилнĕ хыççăн академиксемпе учёнайсем вуншар çул хушши Сталин ĕçĕсене çирĕплетсе никĕслесе ĕçлерĕç, Хрущевăн коммунизм тумалли тата сĕршыва тĕнчери чи пуян та чи малти вырăна кăлармалли шухăшне кăткăс шутлав ĕçĕсемпе халăха ĕнентерчĕç, Брежнев ĕçĕсене мухтава кăларма тăрăшрĕç. Халĕ ăçта вĕсем? Çĕнетÿ пуçланни тăватă çул. Сĕршыв экономикине çĕнетсе улăштарма пуçличчен тумалли ĕçсене Наукăсен академийĕ теорире никĕслесе ĕлкĕреймерĕ, çавна пула çĕнетÿре йăнăшсемпе тĕрĕсмарлăхсем нумай.

Пурнăçри пулăмсем çине халăх хăйне майлă пăхать. Социаллă тĕрĕсмарлăхсене, пурнăç шайĕ чакса пынине, талонсемпе апат-çимĕç туянмаллине, çитменлĕхсем пирки кил-йышри тавлашусемпе ĕçри харкашусене тата ытти сăлтавсене пула юлашки вăхăтра хăйсем çине алă хунисен хисепĕ ÿссе кайрĕ. Пĕлтĕрхи 7 уйăхра çеç 37 пин çын хăйне хăй вĕлернĕ. Афганистанри тăхăр çулхи вăрçăра сĕршыв 13 пин çын сухатрĕ пулсан, чипер, мирлĕ пурăннă чухне çавăн чухлĕ çын пурнăçĕ татăлни шухăшлаттармаллах ĕнтĕ! Çакăнпа пĕрлех сĕршывра преступлени тăвасси ÿсни те пăшăрхантарать.

**Я**ЛХУÇАЛАХĔНЧИ ĕссем пачарланса пыни çинчен нумай калаççĕ, çыраççĕ, тавлашаççĕ. Ялхуçалăх ĕçĕсене йĕркелемесĕр Апат-çимĕç программине пурнăçлаймăн! Вырăнта пикам та, ниçта та вăя парсă тухăçлă ĕçлеме пултараймасть.

Мĕн авалтан Рассей урăх патшалăхсене тыра, çу, мамăк тир сутнă. Паян вара халăха апат-çимĕç парса тăрасси пысăк йывăрлăхра. Мĕн пулчĕ-ши? Аванах астăватпăр-ха сакăрвуннăмĕш çулсенче совет халăхĕ «коммунизма куçасси» çинчен калана сăмахсене. Çавна кĕтсе, пĕчченсынсен харпăрлăхне сивлесе йышăннă постановленисем тăрăшса ĕçлекенсен шухăш-кăмăлне çапса хуçрĕç. Çынсем пуçарулăн ĕçлеме пăрахрĕç. Уйрăмах ял çыннисемшĕн йывăр кунсем килсе çитрĕç. Шухăшласан, пуç çаврăнать: мĕн тĕрлĕ кăна кулапай хурса тултармарĕç пулĕ хресчен çине! Ашне памалла, çуне çитермелле, сĕршĕн, çуртсемпе хуралтăсемшĕн налог тата сулăм укçи тÿлемелле. Юлашкинчен хурсемпе улмуççисемшĕн те налог тÿлемелле турĕç. Укçине ăстан тупмалла? Аякалла кайса ĕçлеме хресченĕн паспорт çук. Налогсене вăхăтра тÿлемесен, килти юлашки качакине те çавăтса тухатчĕç. Ку çеç те мар. Хресчен çемйинчен тухнă хула çынни те выльăх-чĕрлĕх усратчĕ. Хулара выльăх тытма чарчĕç. Сĕршывра выльăх-чĕрлĕх чакса кайрĕ. Халăха апат-çимĕç парса тăракансене путарса лартрĕç, хăйсен харпăрлăхĕнчен уйăрчĕç, ĕçпе пурлăх хушшинчи пĕртен-пĕр сыхăнăва татса тĕп турĕç. Хресчен сĕр çинче тара кĕрĕшсе ĕçлекен пулса юлчĕ: ялхуçалăх ĕçĕнче юлашкинчен мĕнле продукци туса илни ăна кăсăклантарми пулса çитрĕ, мĕншĕн тесен вăл хăй тунă ĕçшĕн юлашки результатсене кĕтмесĕрех тÿлевне илнĕ. Хресчен ытларах çĕр ĕçĕ çинчен мар, мĕнле майпа хулана тухса тарса ĕçе вырнаçасси çинчен шухăшлама тытăнчĕ. Ялсем юхăнса пушанма пуçларĕç.

**Колхозра та, совхозра та харпăрлăхпа бюрократла - административлă аппарат хуçаланать.** Анчах патшалăх харпăрлăхĕн никĕсĕ çинче апат-çимĕç хатĕрлекен предприятисене çителĕклĕ аталантармарĕç — ку ĕç чиновниксене кирлех те пулман темелле, вĕсем çăмăлрах та ансатрах ĕссем тупиппех çителĕклĕ пурнăçпа пурăннă.

**Сĕршыв коммунизм патне** мар, хăрушă путлăх умне çитсе тăчĕ. Питĕ кая юлса тавçăрса илтĕмĕр çакна. Юлашкинчен тинех сĕршывра харпăрлăх ыйтăвне тĕрĕс татса пама кирли çинчен аса илчĕç. Тĕрĕсех. Тухăçлă, эффективлă ĕçлеме хавхалантаракан пĕртен-пĕр меслет вăл — харпăрлăхпа сыхăннă интерес. Сĕр ĕçĕнче те çавăн пекех. Хресчене сĕр хуçи туса хумасăр сĕршывра апат-çимĕç çитменнине пĕтерме урăхла майсем çук та пулĕ.

**Ç**АМРĂКСЕМ ÇИНЧЕН те манса каймăпăр, çĕнетÿ çуртне вĕсен туса пĕтермелле. Пĕтĕмĕшле илсен, пирĕн çамрăк ăру хăйне тивĕçлĕ тытать, анчах урăхлараххисем те сахал мар. Юлашки икĕ-виçĕ çулта çамрăксем закона пăсса усал ĕссем нумай туни палăрать. Мĕнле тĕллевпе, мĕн тума, мĕн майлăрах пурăнмалла? Пурнăç опычĕпе пуянланман çамрăк пуççене çаксене ăнкарса илме çăмăл мар. Çамрăксем пурнăç тутимасине кĕнеке-хаçат вуласа, радиопа телевидени урлă пĕлсе пыраççĕ. Мĕн кăна çырмасçĕ е каламаççĕ пулĕ хальхи вăхăтра?! Уйрăмах иртнĕ саманара пулса-иртнĕ ĕçсене пĕр енлĕн çеç — йăнăшсемпе çитменлĕхсене сутатса кăтартаççĕ. Ку тĕрĕсех мар, мĕншĕн тесен сĕршывра Совет власçĕ туса хунăрапа савăнтараканни те пулнă. Истори пулăмĕсене тĕплĕн тишкерсе пур енлĕн тĕпчемелле. Иртнине тимлĕн тишкерсе тĕрĕс хаклани кирлĕ. Пулни-иртнине тĕрĕс мар çутатакан материалсене вуласа çамрăксен пурнăçĕнче шанăçсăрлăх, ĕненÿсĕрлĕх, сĕмçешке кăмăл аталанса çирĕпленеççĕ. Паянхи кунри çитменлĕхсем те çав аталанăва çирĕплетме пулăшаççĕ, аслисем çамрăксене ялан тĕслĕх кăтартма пултараймастпăр-ха. Кама тата мĕне ĕненмелле, мĕнле пурăнмалла, йывăрлăхсем хупăрласа илсен? Çамрăк çынна çирĕплепсе тĕреклĕнме сĕршыв аталанни, сĕршыври паллă çынсен кунсулĕпе ĕçĕсем кăтартуллă. Хальхи вăхăтра пичетре çавăн пек материалсем питĕ сахал тесен те йăнăш пулмĕ. Çамрăксем ĕçе ырана хăварасшăн мар, вĕсем паян пурăнасшăн. Тÿсĕмсĕрлĕхпе чăтăмсăрлăх вĕсене чăтма пултарайманни патне илсе çитерет, вара усал ĕссем туса айăпа кĕни çамрăк преступниксен йышне пысăклатать.

Хальхи кăткăс саманара комсомол та çамрăксене тĕрĕс çул-йĕр тупма пулăшсах каймасть. Комсомола ĕçнекенсем кунран-кун чакса пыраççĕ, чылайăшĕсем комсомол ретĕнчен тухаççĕ. Тен, урăхларах пурăнма вăхăт çитрĕ. Çамрăк çын хăй тĕллĕн пурнăçа тĕпчесе кирлĕ пĕтĕмлетÿсем тума тивĕçлĕ.

Халлĕхе «Пĕтĕм влаçа — Советсене» текен лозунг та пурнăçланса пымасть. Вырăнти власть пурпĕрех парти хуçалăх органĕсенчен иртеймест, пурнăçа вĕсем халĕ те командăллă-административлă меслетсемпе йĕркелесе пыраççĕ. Улшăнусем питĕ вăраха кайса пыни халăха хытах пăшăрхантарать.

В. ПОНМАКОВ.

# ВĔСЕМ ÇĔНĔ ПУРНĂÇШĂН КĔРЕШНĔ

## РЕВОЛЮЦИЛЛĔ ХĔРÿЛĔХПЕ

Ман умра — 1919 çулхи октябрĕн 14-мĕшĕнче Элĕкре ирттернĕ çамрăксен пухăвĕн протоколĕ. Петроикин агитатор Элĕк вулăсĕнче комсомол ячейки йĕркелесси пирки тухса каланă, Российăри çамрăксен союзĕн ĕçĕ-хĕлĕпе паллаштарнă. Пуху çапла йышăннă:

1. Элĕкри çамрăк коммунистсен союзне çак юлташсенчен йĕркелес:

П. Никитин (председатель), К. Чижиков (секретарь), Филиппов, С. Магакин, М. Егоров тата Листов (членĕсем).

2. Пĕр тăхтаса тăмасăрах комсомола çырăнтарма тытăнас.

3. Çитес пухура организаци комитетне суйлас тата комсомола çырăннисене çирĕплетес.

1919 çулхи октябрĕн 25-мĕшĕнче пулса иртнĕ пухура П. Никитина, М. Егоровпа К. Чижикова комсомол комитетне кĕртнĕ, С. Магакина, М. Максютина, М. Егорова, Н. Филиппова, И. Маврова, А. Листова, Е. Максимова, Н. Данилова, В. Обакова, Т. Никонорова, Л. Порфирьева, В. Аикудинова тата Е. Иваничева комсомола илнĕ. Взнос укçи уйăхне 50-шар пус тÿлеме йышăннă.

Элĕк вулăсĕнчи пĕрремĕш комсомол ячейки пирки А. Лукин корреспондент «Революци ялавĕ» хаçатра çапла çырнă: «Çамрăксен союзне 6 çын çырăнчĕ. Ана Элĕкри икĕ сыпăклă шкулти вĕренекенсем хушшинче ĕçлеме лайăх майсем туса панă. Вăл ачасен пĕлĕвне ÿстерессишĕн нумай тăрăшать. Кружок йĕркеленĕ. «Парти эрнинче» митинг ирттернĕ. Çак эрнере союза тата 11 çын çыраннă. Ытларахăшĕ — вĕренекенсем. Союз членĕсен ĕçлес опычĕ сахалрах. Çавăнпа Элĕке чăвашла пĕлекен инструктор ярса парсан, аван пулмалла».

**Пĕрремĕш комсомолецсем Совет влаçне çирĕплетессишĕн ырми-канми тăрăшнă.** Нумайăшĕ хайсен ирĕкĕпе Хĕрлĕ Çара çыраннă. Çав шутра — Я. Н. Никитинпа П. Иванов. Я. Никитин Хĕрлĕ Ялав орденĕ илме тивĕçлĕ пулнă. 1919 çулхи ноябрĕн 21-мĕшĕнче ирттернĕ пухура çамрăксен вăйĕпе спектакль лартма йышăннă. Филиппова, Порфирьева тата Иваничева декабрĕн 15-мĕшĕнчен политика юррине чăвашла куçарма хушса хăварнă. Союз ĕçĕ-хĕлĕ çине шанмасăр пăхнăшăн тата унăн ĕçĕнче сÿрĕк пулнăшăн Маркелова комсомол ретĕнчен кăларма йышăннă. 1919 çулхи декабрьте юлташла суд йĕркеленĕ. Унта Л. Порфирьева, А. Федорова, П. Золотова тата Н. Васянкана кĕртнĕ. П. Никитина, А. Федоровăна тата Л. Порфирьева кĕпĕрнери комсомол конференцине кайма суйланă. «Çамрăк коммунар сасси» хаçат 1919 çулхи декабрĕн 29-мĕшĕнче çапла çырнă: «Элĕкри комсомол ячейкинче — 17 çын. Тавлашусем, юрă каçĕсем ирттереççĕ. Куçару кружокĕ пур. Шел те, вырăсла литература сахалли ĕçре чăрмав кÿрет. Совет членĕсем «Вĕлле хурчĕ» ятлă чăвашла журнал кăлараççĕ. Унта сăвăсем, калавсем, политика статйисем пичетленеççĕ. Хăшпĕр çыравçăсем Наркомнацăн чăваш уйрăмĕ Хусанта кăларакан «Канаш» хаçатпа тачă çыхăну тытасçĕ. Союза та-

**тарнă. Çавăн пекех унăн çĕç çиничен Золотова, Пономарева тата Никонорова комсомолецсем каласа панă.**

Кĕçех Элĕк тăрăхĕнче те комсомол ячейкисем йĕркелеиме тытăнаççĕ. 1920 çулхи мартăн 24-мĕшĕнче РКСМăн Чăваш Сурăм вулăсĕн ячейкине туса хураççĕ. Пĕрремĕшсен шутĕнче комсомола Г. Трофимов, Я. Романов, А. Семенов, И. Михайлов, А. Кондратьев, Г. Андреев, С. Романов, Я. Васильев, М. Никоноров, В. Германов, Н. Иванов, А. Орлов, А. Романов, Е. Анисимов çыраннă. 1922 çулхи июнĕн 11-мĕшĕнче ячейкăра 14 член шутланнă. Унăн председателĕ Г. Т. Трофимов пулнă. Вулăсри комсомол организацине йĕркелес ĕçре С. Рыбников хытă тимленĕ. 1923 çулхи августран пуçласа Чăваш Сурăмĕнчи комсомол ячейкине П. Т. Трофимов ертсе пыма тытăннă. Сăмах май, вал — çичĕ орденпа нумай медаль кавалерĕ. Комсомола 1921 çулта Шупашкарти совпартшкулта вĕреннĕ чухне кĕнĕ. Çамрăклăхĕ Чăваш Сурăм вулăсĕнче иртнĕ унăн. Акă еплерех аса илет комсомол ветеранĕ: «Совпартшкултан вĕренсе тухсан, мана комсомол ĕçне ячĕç. Малтан Чăваш Сурăм вулăсĕнче организатор пултăм. Часах мана вулăс комитечĕн секретарьне суйларĕç. Ĕç май таранахчĕ. Çамрăксене комсомола илетпĕр. Комсомолецсен çĕнĕ ячейкисене йĕркелетпĕр. Çамрăксем пур мероприятие те активлă хутшăнатчĕç. Ĕçлеме пуçласанах мана партин вулăсри комитечĕн секретарĕ Т. Павлов чĕнсе илчĕ те: «Трофимыч! Сана партин ответлă заданийĕ. Ыранах Шур Пайрашра суйлав ирттер. Анчах асту, хальхинче унта кулакла элементсем пĕр çын та лекмелле мар!» — терĕ. «Ял Совет председательне лартма эсир кама палăртнă?» — ыйтатăп уйран. Павлов ман çине çиллессĕн пăхрĕ те: «Палăртнă, палăртнă... Пуçпа шухăшласа ĕçлеме хăнăхмалла. Кай та комсомолецсемпе канашласа пăх. Вăра йĕркеллĕ, тÿрĕ кăмăллă, пултарулла, хастар кандидат палăртăр», — терĕ. Ял Советне парти хушнă пек ертсе пыма пултаракан председатель тупма çăмăл марчĕ ун чухне. Хут пĕлекенсем сахалччĕ. Пĕрисем — Советшăн, теприсем — ăна хирĕç. Шур Пайраш ял Советне çитрĕм. Комсомолецсене пухрăмăр, канашлама пуçларамăр. Пĕр комсомолец председателе Шур ялĕнче пурăнакан Иван Данилов хресчене суйлама сĕнчĕ. Эпĕ ун çиничен илтнĕччĕ-ха, анчах лайăх пĕлмен. Çавăнпа малтан хайĕнпе курса калаçас терĕм. Тĕлĕнмелле çын иккен Иван Данилович...

вулăсĕнчи ячейкăсене пулăшма çирĕплетрĕç. Эпĕ Элĕкре часах пулнă. Унти комсомол организацине, комсомолецсене лайăх пĕлнĕ.

Д. Орлов, Т. Данилов, Ф. Лебедев, А. Максимов, В. Андреев, З. Павлов, А. Анисов (Михайлов) комсомолецсем партии вулăсри организацийĕпе тачă çыхăнса ĕçленĕ.

Çирĕммĕш çулсен пуçламăшĕнче комсомол ячейкисем Асакасси вулăсĕнче те йĕркеленеççĕ. Кудрявцев, В. Иледеров, Г. Расков, Петухов çамрăксене комсомола явăçтарассишĕн нумай тăрăшнă. Ураскильтре ячейка чăмăртаканни П. Матвеев пулнă. Унта Е. Филиппов, И. Чернов, Н. Краснов чи малтан çыраннă. Ячейка секретарĕ пулма Е. Филиппова суйланă. Каярахпа комсомол ĕçне пулас писатель И. Тукташ ертсе пынă. Мăн Вылăра комсомол ячейкине йĕркелекенсенчен пĕри — Н. И. Колюшкин. Мăн Ямашра ăна 1924 çулхи ноябрĕн 8-мĕшĕнче йĕркеленĕ. Унăн секретарĕ пулма Д. Афанасьева суйланă. Элĕк районĕнчи комсомол организацийĕн пĕрремĕш конференцийĕ 1927 çулхи октябрĕн 29—30-мĕшĕсенче пулса иртнĕ. Ку вăхăтра вăл 25 ячейкăна, 500 яхăн комсомолеца пĕрлештерсе тăнă. Конференци комсомолăн Элĕк райкомĕн ответлă секретарĕ пулма И. Я. Яковлев-Саламбека суйланă. Вăл организацие 1927—28 çулсенче ертсе пынă.

Мĕн чухлĕ ырă ĕç туман пулĕ çирĕммĕш çулсенчи комсомолецсем! Совет влаçне хÿтĕлесе хăварнă, ăна тĕреклетессишĕн ырми-канми ĕçленĕ, халăха хутла вĕрентнĕ, колхозсем тунă. Кулаксем комсомолецсене питĕ курайман. Хĕрÿ чĕреллĕ комсомолецсене — Андрей Анисимова, Иван Михайлова, Петр Романова тискеррĕн вĕлернĕ. Василий Михеева, Георгий Шепелева, Федорпа Александр Савельевсене, Максим Алексеева вĕлерессипе хăратнă. Мăн Ямашри Иван Ильдер комсомолецăн йĕтемне вут тивертнĕ, Кăраклаври колхозăн тырă капанĕсене çунтарнă.

Çук, хăраман тăвăллă çулсенчи яш-кĕрĕм. Çĕнĕ пурнăç тавассишĕн кĕрешнĕ.

**Л. ЕФИМОВ,**
**Элĕк районĕнчи Чăваш Сурăмĕнчи шкул учителĕ.**

**вăнаттăм. Учитель пулас ĕмĕт çав вăхăтра çирĕпленчĕ, — аса илет ветеран.**

Емельян Çĕрпÿри икĕ сыпăклă шкулта вĕреннĕ чухне, 1926 çулта, комсомола кĕнĕ.

— Мана тăван яла пионер отрячĕсем йĕркелеме ячĕç, — терĕ вăл малалла. — Хурал пÿртĕнче пуху ирттертĕмĕр. Ачасене пионерсен ĕçĕ-хĕлĕпе, тĕллевĕсемпе паллаштартămăр. Чи малтанах пионера И. Лаврентьев, М. Андреев, Н. Васильев, Г. Тимофеев, И. Сорокин, Н. Михайлов тата Н. Капитонов кĕчĕç. Пионер отрячĕн вожатăйĕ пулма А. Васильев комсомолеца çирĕплетрĕмĕр.

Емельян учетра ялти ячейкăра тăнă. Халăха партипе правительствăн решенийĕсемпе паллаштарас ĕçе хутшăннă, хутла вĕрентнĕ, хаçат-журнал сарнă, «хĕрлĕ улахсем» ирттернĕ. Пухăнса «Канаш» хаçат вулана. Революци юррисем юрлана. Хурал пÿртĕнче спектакльсем лартнă.

Канашри педтехникумра вĕреннĕ çулсем пирки Емельян Андреевич çапла каласа парать:

— Питĕ йывăрччĕ. Техничкăсем пĕçернĕ çăкăрпа тăрантса пурăнаттăмăр. Çи-пуç çĕтĕкчĕ. Пиччен кивĕ пушмакне юсаттарсан, питĕ савăнтăм.

Унта вăл комсомол бюровĕн членĕ, агитаципе пропаганда организаторĕ пулнă. Вăл тăрашнипе политкружок йĕркеленĕ.

1930 çулта ăна Канаш районĕнчи Аччари пуçламăш шкула ĕçлеме ярaççĕ. Ачасене вĕрентнипе пĕрлех, общество ĕçне хастар кÿлĕнет. Ялта комсомолецсем колхоз йĕркелес ĕçре пуçарулăх кăтартнă. Анчах кулаксемпе вĕсен хÿрешкисем ăна чăрмантарса пынă. Пухуран таврăннă чухне Николай Иванов комсомолеца пăшалтан персе амантнă. Василий Алюков комсомолеца тавăрассипе хăратнă. Комсомолецсем тимленипех Аччара тата Çĕнĕ Аччара колхозсем чăмăртаннă. Емельян Андреева ячейка секретарьне суйланă.

Унтанпа вăхăт чылай иртнĕ ĕнтĕ. Тем те курнă, тем те илтнĕ. Декабрьте сакăрвуннă тултарать.

— Комсомол мана тĕрĕс çул суйласа илме пулăшрĕ, — терĕ юлашкинчен Е. А. Андреев.

Хĕрĕх икĕ çул парти ретĕнче тăрать. Коммунист ятне варалaман.

**В. КАПИТОНОВ,**
**ĕçпе вăрçă ветеранĕ.**
Çĕрпÿ районĕ,
Нереш ялĕ.

## КУНÇУЛ ПУÇЛАМĂШĔ

Емельян Андреевич Андреева районта пĕлмен çын сахал пулĕ. Октябрьти революциччен ...

**РЕДАКЦИ КОММЕНТАРИЙĔ:**

Ахальтен пичетлемерĕмĕр ...

## КОЛХОЗ ТĂВАКАНСЕМ

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Вăта Пукашра РКСМ ячейкине 1924 çулхи июнĕн 17-мĕшĕнче йĕркеленĕ. Унта чи малтанхисен шутĕнче И. Смелов, А. Соловьев, А. Сапожников, А. Сироткин, Д. Григорьев, Ф. Николаев, М. Кузьмин, Е. Фандеев, А. Пырков кĕнĕ. Организацин ответлă секретарĕ Пырков, бюро членĕсем Смеловпа Соловьев пулнă.

Каярахпа унта Пахомовапа Крынецкая çыраннă. Ячейка агитациллĕ-массăллă ĕçе активлă хутшăннă. Соловьев хутла вĕрентнĕ, Григорьев шкулта «хĕрлĕ улахсем» ирттернĕ. Смелов çĕнĕ хаçат-журнал илсе килсе тăнă, хресченсене вуласа панă. Вăлах пуçласа велосипед туяннă, радио кĕртнĕ. Ăна итлеме ялĕпе пухăннă.

Комсомолецсем пуçарнипе агрокурс йĕркелеççĕ (унта 30 хресчен çÿренĕ), магазин уçаççĕ. Вĕсемсĕр пĕр пуху та иртмен. Колхоз йĕркелес ĕçе хастар хутшăннă. Парти ячейки маларах комсомолецсем пулнă çамрăксенчен тăнă. Комсомолецсемпе коммунистсем вылях витисене çĕнетнĕ, арман тунă, сад, вĕлле хурчĕ ĕрчетнĕ. Пырковпа Кудряшов комсомол путевкипе Амур çинчи Комсомольск хулине тума кайнă. Çав çулсенче колхоз правленийĕн çĕнĕ çуртне ÿссе лартнă. Мунчала артелĕ, карçинккапа сетел-пукан мастерскойĕсем уçнă. Футбол команди йĕркеленĕ. Ăна чи активлă комсомолецсенчен пĕри, каярахпа Чăваш АССР тава тивĕçлĕ культура работникĕ А. Петров ертсе пынă.

Хаçат çырăнтарас ĕçре пысăк активлăх кăтартнăшăн Смелова «Крестьянская газета» хаçат редакцийĕ «Хресчен хаçачĕн юлташне» значокпа наградăланă, комсомолăн Центральнăй Комитечĕпе Наркомзем 10 улмуççи хунавĕ парнеленĕ.

**Вăтăрмĕш çулсенчи комсомолецсем-пурте тенĕ пекех Аслă Отечественнăй вăрçа тухса кайнă.** Çирĕм саккăрăшĕ каялла таврăнайман. Çав шутра — М. Кузьмин, Ф. Николаев, В. Семенов, И. Семенов, А. Соловьев. Вĕсен хушамачĕсене ялти палăк çине çырса хунă. Пурăннă çуртсем çинче — хĕрлĕ çăлтăрсем. Смелов Шупашкарти çарĕç комиссариатĕнче ĕçленĕ.

Пахомова, Крынецкая, Семенова, Дымова Шупашкарти рабфакра вĕреннĕ. Семенова 30 çул ытла хăмăр ялта медсестрара ĕçленĕ, СССР сывлăха сыхлас ĕç отличникĕ.

Сапожников таврари паллă атаçа, ут хатĕрĕсен юсавçи, Д. Григорьев аста тимĕрçĕ пулнă. Вĕсем пурте ÿссе пыракан ăрăва патриотла тата интернационалла воспитани парас ĕçе хутшăннă. Тĕрлĕ çулхи комсомолецсемпе тата коммунистсемпе чăннипех те мухтанаççĕ Вăта Пукашсем.

**А. МАКСИМОВ,**
**краевед.**
**Сĕнтĕрвăрри районĕ.**

че мĕн хушнине вăхăтра тата ...



## УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

# Румынири лару-тăру

**АСФАЛЬТ ÇИНЧЕХ ÇУРТА ÇУННИНЕ КУРМА ПУЛАТЬ. ÇУРТАСЕМ ХУШШИНЧЕ — ЧĔРĔ ЧЕЧЕКСЕМ. ÇЫНСЕМ ПЫРАÇÇĔ ТЕ ШĂППĂН ТĂРАÇÇĔ. ТЕЛЛИ-ПАЛЛИСЕР ÇУХАЛНИСЕН ЯЧĔСЕНЕ ÇЫРНĂ ТАБЛИЧКĂСЕНЕ ВУЛАÇÇĔ. ВĔСЕМ ХУШШИНЧЕ ХУРА ТУМ ТĂХĂННĂ ХĔРАРĂМА ХĂЙĔН СĂМАХĔСЕМПЕ ЛĂПЛАНТАРМА ТĂРĂШАКАН СВЯЩЕННИКА ТА КУРМА ПУЛАТЬ. ÇĔРШЫВ КĔРЕШÿРЕ ПУÇ ХУНИСЕМПЕ СЫВПУЛЛАШАТЬ, ÇĔНĔ ПУРНĂÇ ÇУЛĔ ÇИНЕ ТĂРАТЬ.**

ЧАУШЕСКУ диктатурине сирпĕтсе антарни — румын халăхĕн паттăрла ĕçĕ. Режима хирĕç, румын халăхĕн ирĕклĕхĕпе тивĕçлĕхĕшĕн, социалла тĕрĕслĕхшĕн пына кĕрешÿре пуç хуна çынсене асăнса чысласа январĕн 12-мĕшне Румынин пĕтĕм территорийĕнче наци траурĕн кунĕ тесе паллă туна. 1989 çулхи декабрĕн юлашки кунĕсенче революциллĕ событисен центрĕсем пулса тăна Тимишоара тата Бухарест хулисене асăп тÿсне хуласем тесе пĕлтернĕ. Бухарест центрĕнчи Дворецсен площадьне халĕ Революци площачĕ теççĕ. Унта çамрăксем демократипе ирĕклĕх идеалĕсене хÿтĕлесе çапăçнă. Çакăнта тата столицăн Романэ площадĕнче, Тимишоара центрĕнче революци паттăрĕсене, революци идеалĕсемшĕн çапăçса пуç хуна мĕнпур çынсене асăнса монументсем лартĕç.

Лару-тăру кăткăс пулнине пăхмасăр, Наципе çалакан фронт çĕнĕ пурнăç тума тытăннă ĕнтĕ. Политика, социаллă пурнăç, администрацирпе экономика енĕпе пысăк пĕлтерĕшлĕ мерăсем палăртаççĕ, управлении вырăнти органĕсене туса хураççĕ, столицăпа уездсем хушшинче, предприятисемпе вĕсен ĕçне координацилеме тивĕçлĕ организацисем хушшинче çыхăну йĕркелеççĕ. Румыни халĕ апат-çимĕç таварĕсене урăх çĕршывсене сутмасть. Магазинсем граждансене тăранса пурăнма кирлĕ мĕнпур продуктсемпе тивĕçтерме тăрăшаççĕ. Нефть продучĕсем сутасси чылай чакнă. Çавна май машинăсем бензоколонкăсем умĕнче черетре тăмаççĕ. Бензинпа газ халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерме çителĕклĕ. Румынире пурăнмалли нумай çуртсенче пирвайхи хут 25 ватран ытларах хăватлă лампочкăсем çутатма пуçланă. Электроэнергипе тата газпа йăлара кирлĕ чухлĕ усă курнăшăн тÿлеттерме пĕрлĕхлĕ хаксем палăртса çирĕплетнĕ.

ПРОМЫШЛЕННОСРИ рабочисене предприятисене аталантармалли фонда пай укçи хывтарнă пулсан, Наципе çалакан фронт çак йĕркене пăрахăçланă. Халĕ ĕççыннисем хăйсен ĕç укçине тариф ставки тăрăх ĕç контрактĕпе килĕшÿллĕн пĕтĕмĕшпех илеççĕ, вĕсенчен тĕрлĕрен сăлтавсемпе укçа тытса юлмаççĕ. Ĕç коллективĕсене пурнăçа кĕртме май çук плансене тултараймаишăн тÿлеттерни производство штрафĕсене парахăçланă. Юлашки виçĕ çул хушшинче ĕççыннисене больница листĕсем тăрах укçа тÿлемен. Халĕ çав укçана пĕтĕмпех тÿлеме палăртнă. Пичетлекен мĕнпур машинкăсене регистрацилессине парахăçланă. Румынине урăх çĕршывсен турисчĕсем ирĕклĕн пырса çÿреме пуçлаççĕ. Çĕршыва урăх государствăсенчен илсе пыракан япаласемшĕн таможня пошлини тÿлеттерессине чакарнă, хăшпĕр таварсемшĕн — парахăçланă. Аборт тума чармаççĕ. Çĕнĕ влаçсем халăх пурнăçне лайăхлатас тĕллевпе мĕн-мĕн тунине каласа пĕтерес те çук.

Анчах ХХ ĕмĕр вĕçĕнче пурăнакан çынна çăкăр çеç мар кирлĕ. ФНС совечĕ обществăри мĕнпур социаллă вăйсем хушшинче демократиллĕ диалог ирттерессипе çинчен декрет кăларнă. Политика партийĕсене, общество организацийĕсене, патриотла тата демократиллĕ мĕнпур юхăмсене политикăн, социаллă пурнăçăн, экономикăн мĕнпур проблемисем тĕлĕшпе хăйсем мĕнле позици йышăннине ирĕклĕн палăртма право панă. Унта та кунта митингсем ирттереççĕ. Вĕсене хутшăнакансем хальхи вăхăтра румын обществи умне тухса тăнă питĕ нумай ыйту хускатаççĕ. Нумаях пулмасть çак çĕршывра Чаушеску çеç калаçма пултарнă, унăн мĕн калас килет çавна калама право пулнă.

ÇЫНСЕН политикăри активлăхĕ ÿснĕ май кашни кун тенĕ пекех çĕнĕ партисем, политика организацийĕсем çуралаççĕ. Национал-цэрэнистла (демократиллĕ тата христианла) партин программине пичетлесе кăларнă ĕнтĕ. НЦП тÿрех суйлав капанийĕ ирттермешкĕн хатĕрленме тытăннă. Румыникама пăхăнманлăхĕпе пĕрлĕхне хÿтĕлессине, демократиллĕ плюрализмпа социаллă тĕрĕслĕхе хÿтĕлессине, халăхăн законлă прависене тата конституциллĕ обществăри тĕп ирĕклĕхсене хÿтĕлессинĕ çак парти хăйĕн чи кирлĕ задачи вырăнне хурать. НЦП Румынире хресченсемпе рабочисен ĕçĕ тĕп вырăнта пулмалли, ĕçлесе тунă харпăрлăха аталантарма условисем туса хумалли, профсоюзсем ирĕклĕ ĕçлемелли общество туса хума сĕнет. Национал-цэранистсем наципе сĕнĕрен вăйлатмашкăн христианла морале вăйлатмалла, совесть ирĕклĕхне çирĕплетмелле, тесе шутлаççĕ. Румын обществин социалла мĕнпур сийĕсен представителĕсем, çав шутра Румынири компартин членĕнче тăна çынсем, НЦП членĕсем пулма пултараççĕ. Коммунистсен партийĕнче ертсе пымалли вырăнсенче ĕçленĕ е влаçпа усă курса ирттĕхине тăрă шыв çине кăларнă çынсене кăна НЦП ретне илмеççĕ.

ФНС совечĕ фашистла партисемпе румын государствин законĕсене хирĕçлекен идейăсене пропагандăлакан партисемсĕр пуçне политикăллă ытти мĕнпур партисемпе обществăлла организацисене туса хунине закон йĕркипе çирĕплетме декрет кăларнă. Политика партийĕсене территорисем тăрăх туса хума йышăннă. Регистрациленме партисен Бухарестри суда политикăллă программа тăратмалла, хăйсен штаб-хваттерĕ ăçта вырнаçнине кăтартса памалла, финанс тĕлĕшĕнчи лару-тăрăвĕ мĕнле пулни çинчен пĕлтермелле. Партие регистрациленмешкĕн унта 251 члентан кая мар пулмалла. Парти заявленине пилĕк кун хушшинче пăхса тухаççĕ. Ыйтăва тÿрех татса параймасан, Румынин верховнăй судĕнче пăхса тухаççĕ. Çар çыннисем, наци оборонипе шалти ĕçсен министерствисенче ĕçлекенсем, судьясем, прокурорсем тата дипломатсем, çавăн пекех радиопа телевидени сотрудникĕсем политика партийĕсен членĕсем пулма пултараймаççĕ.

РЕВОЛЮЦИЛЛĔ улшăнусем румын обществин социаллă пурнăçĕнчи мĕнпур çитменлĕхне тăрă шыв çине кăларчĕç. Румынин шалти ĕçсен министерствин представителĕсем пĕлтернĕ тăрăх, юлашки вăхăтра çĕршывра преступлени тăвасси ÿснĕ. Обществăри йĕркелĕхе сыхласси, граждансен хăрушсăрлăхне сыхласси халĕ тĕп вырăнта. Полицин мĕнпур подразделенийĕ кăнтăрла та, çĕрле те — хуралта. Хăшпĕр чух полицие Румыни çарĕн тата патриотсен гвардийĕн вăйĕсем пулăшаççĕ — вĕсем предприятисемпе учреждениcене хуралласçĕ. Революциллĕ событисем вăхăтĕнче çынсен аллинче хĕçпăшал нумай юлнă. Çав хĕçпăшала халĕ пĕр тăхтаса тăмасăр конфискацилемелле. Румынири революцие пулăшма тĕнчери çĕршывсем ярса паракан грузсене хураллама уйрăмах тимлĕ тăрăшмалла. Диктатор пулнă Чаушеску çемйин кермен ĕсенче тупнă çав тери нумай пуянлăха шута илекен комиссисен ĕçне полици анлăн хутшăнать.

Çĕнĕ пурнăç тăвас çул çинче пирвайхи утăмсем çăмăл мар.

**В. МАЛЮТИН,**
**ТАСС корр.**
Бухарест.

## Парламентри улшăнусем

**ПРАГА, январĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС).** ЧССР Федеральнăй пухăвĕн икĕ палатине тепĕр ...

## США президенчĕ мĕн калана

**ВАШИНГТОН, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС).** США президенчĕ Джордж Буш çапла каланă: тĕнче аслă куçăм тапхăрĕнче, пысăк шанăç тапхăрĕн... енĕпе мĕнле позици йышăнни çинчен пĕлтернĕ май, Америка президенчĕ çапла каланă: Совет Союзĕн Европăна вăрçăва хăратасси чакнине США-ра йышăнаççĕ. Анчах США-ра Совет ...

ла куçарма хушса [illegible] Союза ĕçĕ-хĕлĕ çине шанмасăр пахнăшăн тата унăн ĕçĕнче çумрĕк пулнăшăн Маркелова комсомол ретĕнчен кăларма йышăннă. 1919 çулхи декабрьте юлташла суд йĕркеленĕ. Унта Л. Порфирьева, А. Федорова, П. Золотова тата Н. Васянкăна кĕртнĕ. П. Никитина, А. Федорована тата Л. Порфирьева кĕпĕрнери комсомол конференцийĕ [illegible] «Самарăн коммунар сасси» хаçат 1919 çулхи декабрĕн 29-мĕшĕнче çапла çырнă: «Элĕкри комсомол ячейкинче — 17 çын. Тавлашусем, юрă каçĕсем ирттереççĕ. Куçару кружокĕ пур. Шел те, вырăсла литература сахалли ĕçре чăрмав кӳрет. Совет членĕсем «Вĕлле хурчĕ» ятлă чăвашла журнал кăлараççĕ. Унта сăвăсем, калавсем, политика статйисем пичетленеççĕ. Хăшпĕр çыравçăсем Наркомнацăн чăваш уйрăмĕ Хусанта кăларакан «Канаш» хаçатпа тачă çыхăну тытаççĕ. Союза халăх çурчĕн заведующийĕ С. Шумилов пулăшать. Комсомолецсемпе социализм, культурăпа çутĕç çинчен калаçусем ирттерет».

Ячейка ертсе пынипе политика, этнографи тата литература кружокĕсем ĕçленĕ. Вĕсене çамраксем йышлăн çӳренĕ. 1920 çулхи февральте З. Иванов «Чăваш хĕрарăмĕ: ĕлĕк тата паян», Федорова — «Совет республикин Конституцийĕ», Михайлов — «Чиркӳ государствăран уйрăлни», комитет членĕсем «Пирус сиенĕ», «Тĕн тата дарвинизм» темăсемпе калаçусем ирттернĕ. Апрелĕн 21-мĕшĕнче комсомолецсемпе сала çыннисем В. И. Ленин çуралнăранпа 50 çул çитнĕ куна паллă тунă. Çулпуç биографийĕпе П. Золотов паллаштарнă. [illegible] Совет председательне лартма [illegible] кама палăртнă?» — ыйтатап унран. Павлов мана çиле çиллессĕн пăхрĕ те: «Палартнă, палартнă... Пуçпа шухăшласа ĕçлеме хăнахмалла. Кай та комсомолецсемпе канашласа пăх. Вара йĕркеллĕ, тӳрĕ кăмăллă, пултаруллă, хастар кандидат палăртăр», — терĕ. Ял Советне парти хушнипе ертсе пыма пултаракан председатель тупма çăмăл марччĕ ун чухне. Хут пĕлекенсем сахалччĕ. Пĕрисем — Советшăн, теприсем — ăна хирĕç. Шур Пайраш ял Советне çитрĕм. Комсомолецсене пухрăмăр, канашлама пуçларăмăр. Пĕр комсомолец председателе Шур ялĕнче пурăнакан Иван Данилов хресчене суйлама сĕнчĕ. Эпĕ ун çинчен илтĕччĕ-ха, анчах лайăх пĕлмен. Çавăнпа малтан хăйĕнпе курса калаçас терĕм. Тĕлĕнмелле çын иккен Иван Данилович. Граждан вăрçинче çапăçнă. Ял Совет председателĕ пулма ăна пĕр сасăллă пулса суйларĕç. Секретарьне А. Тимофеева лартрăмăр. Ял Совечĕ часах вулăсра чи лайăххи шутланма пуçларĕ. Комсомолецсен йышĕ ӳссех пычĕ. Кашни ялта тенĕ пекех уйрăм ячейкăсем чăмартанма пуçларĕç. Парти малта пыракан рабочисемпе хресченсене хăйĕн ретне кĕме чĕнсе каларĕ. Вулăс центрĕнче, Чăваш Сурăмĕнче, коммунистсен уçă пухăвне ирттертĕмĕр. Унта комсомолецсем те, партире тăманнисем те чылайăн хутшăнчĕç. Парти ретне активлă комсомолеца, вулăс милиционерне А. М. Михайлова, илчĕç. 1924 çулта мана уездри конференцире уком членне суйларĕç. Çавна май Элĕкпе Шăмат[illegible] хайлова, Петр Романова тискеррĕн вĕлернĕ. Василий Михеева, Георгий Шепелева, Федорпа Александр Савельевсене, Максим Алексеева вĕлерессипе хăратнă. Мăн Ямашри Иван Ильдер комсомолецăн йĕтемне вут тивертнĕ. Каракласри колхозăн тырă капанĕсене çунтарнă.

Çук, хăраман тăвăллă çулсенчи эпир [illegible]. Çĕнĕ пурнăç тавассишĕн кĕрешнĕ.

**Л. ЕФИМОВ,**
**Элĕк районĕнчи Чăваш Сурăмĕнчи шкул учителĕ.**

## КУНÇУЛ ПУÇЛАМĂШĔ

Емельян Андреевич Андреева районта пĕлмен çын сахал пулĕ. Октябрьти революцичченех çуралнăскер, патша саманинчи асаплă пурнăçа лайăх астăвать вăл. Хресчен, тара ӳкиччен ĕçленĕ пулин те, тăраниччен çиеймен. Нимсĕр тăрса юлнисем ыйткаласа çӳренĕ. Ялан пĕр çипуç, саплăк çинче саплăк. Ураран çăпата каймап. Хутла пĕлекен сайра пулнă. Пурте тенĕ пек Нĕрĕшре улăм витнĕ, тайлăк-тĕйлĕк пӳртсенче пурăннă. Нумайăшĕ тĕрлĕ чир-чĕрпе асапланнă, вăхăтсăр вилнĕ.

Емельян ултта пуссан, амăшĕ çĕре кĕнĕ. Кĕçех ашшĕсĕр тăрса юлнă. Ăна аппăшĕ пăхса ӳстернĕ.

Вуннăра вăл Тупнерти шкулта вĕренме тытăнать. Кĕске вăхăтрах çивĕч ăстăнĕпе палăрма ĕлкĕрнĕ.

— В. С. Васильева учительница мана хăй вырăнне урок ирттерме сĕнетчĕ. Эпĕ пите са[illegible] Иванов комсомолеца пашалтан персе амантнă. Василий Алюков комсомолеца тавăрассипе хăратнă. Комсомолецсем тимленипех Аччара тата Çĕнĕ Аччара колхозсем чăмартаннă. Емельян Андреева ячейка секретарьне суйланă.

Унтанпа вăхăт чылай иртнĕ ĕнтĕ. Тем те курнă, тем те илтнĕ. Декабрьте сакăрвуннă тултарать.

— Комсомол мана тĕрĕс çул суйласа илме пулăшрĕ, — терĕ юлашкинчен Е. А. Андреев.

Хĕрĕх икĕ çул партин ретĕнче тăрать. Коммунист ятне вараламан.

**В. КАПИТОНОВ,**
**ĕçпе вăрçă ветеранĕ.**
Çĕрпӳ районĕ,
Нĕрĕш ялĕ.

[illegible] пашкарти çарĕç [illegible] комиссариатĕнче ĕçленĕ.

Пахомова, Крынецкая, Семенова, Дымова Шупашкарти рабфакра вĕреннĕ. Семенова 30 çул ытла хамăр ялта медсестрара ĕçленĕ. СССР сывлăха сыхлас ĕç отличникĕ.

Сапожников тăврари паллă атăçа, ут хатĕрĕсен юсавçи, Д. Григорьев аста тимĕрçĕ пулнă. Вĕсем пурте ӳссе пыракан ăрăва патриотла тата интернационалла воспитани парас ĕçе хутшăннă. Тĕрлĕ çулхи комсомолецсемпе тата коммунистсемпе чăннипех те мухтанăççĕ вăта пукашсем.

**А. МАКСИМОВ,**
**краевед.**
Сĕнтĕрвăрри районĕ.

**РЕДАКЦИ КОММЕНТАРИЙĔ:**

**Ахальтен пичетлемерĕмĕр çак çырусене. Вĕсенче хальхи çамрăксемшĕн усăлли сахал мар.**

**Çирĕммĕш çулсенчи комсомолецсем! Вĕсен хăюлăхĕпе паттăрлăхĕ — пур ăрусемшĕн те ырă тĕслĕх. Еçĕ-хĕлĕ çĕршыв историне яланлăхах кĕрсе вырнаçнă. Пиншер чăваш çамрăкĕ Совет влаçне хӳтĕлесе хăварассишĕн кĕрешнĕ. Нумайăшĕ пуç хунă.**

**Тăшман çамрăк Совет республикине пур енчен те хупăрласа илнĕ. Унăн тĕллевĕ — Хĕрлĕ Çара аркатасси, Россиăна большевиксемпе Советсенчен тасатасси, пĕтĕмлетерех каласан, ĕлĕкхи саманана каялла таврасси пулнă. Çак лару-тăрура ĕçсыннисене, çав шутра комсомолецсемпе Советсем майлă çамрăксене йывăр килнĕ. Вĕсем хăйсен ĕç вырăнĕнче тата çапăçу хирĕнче мĕн хушнине вăхăтра тата тăрăшса пурнăçламан пулсан, мĕн пулĕччĕ-ши? Кун пирки уйрăмах халĕ, ВЛКСМ тата çĕршыв йывăр лару-тăрура чухне, шутласан, лайăх пулмалла. Чылай çĕрте комсомол организацийĕсем ячĕшĕн çеç шутланса тăни никамшăн та вăрттăнлăх мар ĕнтĕ. Пĕтĕм саλтава ВЛКСМ хăйĕн тытăмĕпе кивелсе çитнипе ăнлантарççĕ, çамрăксен çĕнĕ организацине йĕркелеме сĕнеççĕ. Хăть те мĕнле организаци йĕркелесен те, ĕççене айккинчен килсе туса памĕç. Ырă улшăнусем тăвасси кашни комсомолец хăйĕн ĕç вырăнĕнче тата обществăра çине тăрса ĕçленинчен нумай килет. Çакна ялан асра тытасчĕ, ăрусем хушшинчи çыхăнăва татăлма парас марччĕ. Камран тĕслĕх илмелли çук мар пирĕн.**

газпа йалара кирлĕ чухлĕ усă курнăшăн тӳлеттерме йĕрлĕхлĕ хаксем палăртса çирĕплетнĕ.

ПРОМЫШЛЕННОÇРИ рабочисене предприятисене аталантармалли фонда пай укçи хывтарнă пулсан. Наци çăлакан фронт çак йĕркене пăрахăçланă. Халĕ ĕçсыннисем хăйсен ĕç укçине тариф ставки тăрăх ĕç контракчĕпе килĕшӳллĕн пĕтĕмĕшпех илеççĕ, вĕсенчен тĕрлĕрен саλтавсемпе укçа тытса юлмаççĕ. Ĕç коллективĕсене пурнăçа кĕртме май çук планĕсене тултарайманшăн тӳлеттерĕ производство штра[illegible] хӳтĕлессине, демократилле плюрализмпа социаллă тĕрĕслĕхе хӳтĕлессине, халăхăн законлă прависене тата конституцилле обществăн тĕп ирĕклĕхĕсене хӳтĕлессине çак парти хăйĕн чи кирлĕ задачи вырăнне хурать. НЦП Румынире хресченсемпе рабочисен ĕçĕ тĕп вырăнта пулмалли, ĕçлесе тунă харпăрлăха аталантарма условисем туса хумалли, профсоюзсем ирĕклĕ ĕçлемелли общество туса хума сĕнет. Национал-цэрэнистсем наци çĕнĕрен вăйлатмашкăн христианла морале вăйлатмалла, совесть ирĕклĕхне çирĕплетмелле. [illegible] личе хĕçпăшал нумай юлнă. Çав хĕçпăшала халĕ пĕр тăвăтаса тăмасăр конфискацилемелле. Румынири революцие пулăшма тĕнчери çĕршывсем ярса паракан грузсене хураллама уйрăмах тимлĕ тăрăшмалла. Диктатор пулнă Чаушеску çемйин кермейĕсемпе тупнă çав тери нумай пуянлăха шута илекен комиссисен ĕçне полици вилĕн хутшăнать.

Çĕнĕ пурнăç тăвас çул çинче пирĕн [illegible] çăмăл мар.

**В. МАЛЮТИН,**
**ТАСС корр.**

Бухарест.

## Парламентри улшăнусем

ПРАГА, январĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). ЧССР Федеральнăй пухăвĕн икĕ палатине тепĕр хут суйланă хыççăн Чехословакири компарти çĕршыв парламентĕнчи вырăнсенчен ытларахăшне çухатнă. 40 çула яхăн вăл парламентра ытларах вырăн йышăнса тăнă пулнă.

Халĕ çĕршывăн Федеральнăй пухăвĕнче 350 депутат мандатĕнчен 138-шĕ — коммунистсене, 152-шĕ партире тăманнисене тивет. Ытти вырăнсене урăх политика партийĕсен представителĕсем йышăннă. Ултă вырăн пушах. Çĕнĕрен суйланă 120 депутатран 8-шĕ çеç коммунист.

ЧТК агентстви палăртнă тăрăх, халĕ парламент составĕ çĕршыври политика вăйĕсемпе шайлашăнса тăрать.

## США президенчĕ мĕн каланă

ВАШИНГТОН, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). США президенчĕ Джордж Буш çапла каланă: тĕнче аслă куçăм тапхăрĕнче, пысăк шанăç тапхăрĕнче пурăнать. Совет Союзĕпе çĕнĕ йышши çыхăну тытассине ӳстерсе пыма, ССР Союзĕнче демократи майлă шалти улшăнусен мирлĕ процесне тата унăн экономика майĕсене ӳстермелли ĕçĕсене ырлама вăхăт çитрĕ. Дж. Буш конгресăн икĕ палатин пĕрлехи ларăвĕнче çĕршыври лару-тăру çинчен тухса каланă. Вăл администрацин çĕнĕ çулхи тулашри тата шалти политикăри тĕп çул-йĕрĕсем çинчен пĕлтернĕ.

Администраци Совет Союзĕпе стратегиллĕ çыхăну тытас енĕпе мĕнле позици йышăнни çинчен пĕлтернĕ май, Америка президенчĕ çапла каланă: Совет Союзĕн Европăна вăрçăпа хăратасси чакнине США-ра йышăнаççĕ. Анчах США-ра Совет Союзĕн стратегине модернизацилес ĕçре улшăнусем сахал пулнине палăртаççĕ. Çавăнпа та пирĕн хамăрăн наступлени тумалли стратегиллĕ вăйсене тата стратегиллĕ оборона пуçарулăхне модернизацилемелле, тенĕ Дж. Буш.

Анчах конгресра администраци позицийĕ çине тĕрлĕ майлă пăхаççĕ. Конгресс шухăшĕпе, США-н стретегиллĕ вăйĕсен структуринче тĕнчери улшăнусем тӳллинрех палăрмалла.

## Хĕвелтухăç Европăна пулăшасшăн

ПАРИЖ, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсенчи событисем континентăн вăрçă хыççăнхи пĕтĕм историйĕнчи чи паллă событисем пулса тăчĕç. Францин Министрсен совечĕн ĕнерхи ларăвĕнче çĕршыв президенчĕ Франсуа Миттеран министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсене Хĕвелтухăç Европăри событисене тимлĕ сăнаса тăма чĕнсе каланă. Çакăн çинчен Францин Министрсен совечĕн «Министерствăсен пĕрлехи ятарлă комиссийĕн» руководителĕ Элизабет Гигу «Антен-2» телекомпани представительне пĕлтернĕ. Комиссии Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлессине координацилесе тăмалла.

Хальхи вăхăтра Францири тĕрлĕрен организацисем, компанисем тата уйрăм çынсем Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсене пулăшас ыйтусемпе чылай пуçарусем тăваççĕ, тенĕ Э. Гигу. Хăшпĕр сĕнӳсене пурнăçа кĕртме тытăннă ĕнтĕ.

### Объективра — Франци



Париж урамĕсенче.
Ю. Лизунов фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС).

*Çулçӳревçĕ тарăхать*

# «11-мĕш МАРШРУТ» ÇЫННИСЕМ

Ятарлă рейс уçнăччĕ, çĕнĕ автобус уйăрнăччĕ Çĕнĕ Ахпӳрт ялне çӳреме. Ун çинчен «Коммунизм ялавĕ» хаçатра та çырса пĕлтерчĕç. Автобусне ӳкерчĕкĕпех çапса кăларчĕç.

Кунĕпе виççĕ-тăваттă та хутлатчĕ Патăръел витĕр Çĕнахпӳртпе Шанкăртама. Малтанлăха чиперех çӳрерĕ-ха — çынсем савăнса тăранаймастчĕç: райцентра ĕçе çӳрекенсем те, хăнана килен-каянсем те. Сахал-и тата ыттти ĕçпе тухса çӳрекенсем? Ял хĕрринче автобус чарăнмалли вырăн та турĕç. Расписани те çакăнса тăрать. Чыслă, тирпейлĕ йăлтах. Çулталăк чиперех çӳрерĕ-ха, унтан çухалчĕ. Ял çыннисем тимленипе татах çӳрекелерĕ пĕр хушă. Ытларах — çанталăк япăх чухне. Интереслĕ, çапла-и? Мĕншĕн-ха çанталăк япăх чухне? Райцентртан Çĕнĕ Ахпӳрте çити — асфальт сарнă çул. Çанталăк лайăх тăнă чухне автобуса çул япăх çĕрелле ярасçĕ иккен «ăслă» пуçлăхсем, çĕнахпӳрте вара — начар çанталăкра та кайса килме пулать. Ял çыннисем савăнса ĕлкĕреймеççĕ — автобус çухалать, тарăхса ĕлкĕреймеççĕ — автобус тупăнать... Чунтан кĕтнĕ автобус персе çитсен вара савăннă çынсем автобус шоферне тытса чуптуманни кăна.

— Акă çул укçи. Билечĕ кирлĕ мар...

— Акă эп те паратăп. Мана та кирлĕ мар.

— Билечĕ кирлĕ мар, ывăлăм, укçи хăвнах пултăр, хăвнах. Кĕсйӳне шаларах чиксе хур. Каялла килнĕ чух татах парăп.

«Епле ыр кăмăллă эпир, пĕлсе тăрăр! Пирĕн пата нумайрах килĕр» тесе йăпăлтатасшăн ĕнтĕ хамăр. Анланмасть çав ват кинеми — кайнă чух билечĕ пулмасан, килнĕ чух автобусĕ те пулмасть вара. Патаккипе таклаттарса çуранах çитме тивет ун киле. Кассăра рейс укçи пухăнманнине кура, «автобус пушăлла кайса килнĕ, рейс усăсăр пулнă», тесе пĕтĕмлетӳ тăваççĕ те каллех Çĕнахпӳрте автобус çӳретме чараççĕ.

Туçа çулĕ çине тухса, иртсе калкан машинăсем умĕнче «сасăласси» çеç юлать вара. Кунта çӳрекен капмар «Икарусcем» космос каралĕ евĕр мăнаçлăн чашлатса çеç иртеççĕ.

Чăнах та, транспорт таврашĕ çӳремест мар-ха ку яла. Ирлĕ-каçлă рабочисене илсе çӳрекен автобуссем килсе каяççĕ. ПМКра ĕçлекенсене ПМК автобусĕ, юсавпа техника предприятийĕнче ĕçлекенсене хăйсен автобусĕ, «Южное» предприятире ĕçлекенсене каллех хăйсен фургонлă машини, ОКЦра ĕçлекенсене те хăйсен машини илсе каять. Ыттисем — кунтан вăркăн! Йĕрсен те, ӳкетлесен те, укçа парсан та — нимпе те килĕшмеççе лартса кайма.

Çакăн пеккине час-часах курма пулать: пĕр-пĕр предприятин автобусĕ çитет те, чарăнмасăрах, хăвăртлăхне çеç кăшт чакарса, алăкне уçать те çаврăнса каять — хăйсен рабочийĕсем чупса пырса сике-сике лараççĕ. Калăн, вăрçă хирĕнче... Ним те тăваймăн. Вунă автобус килсен те, каян-килен е ху ĕçӳпе тухнă çын пулсан, сана пĕри те лартмасть.

Çĕнахпӳрт ялĕнче 2 пине яхăн çын пурăнать. Хĕлле ялта ĕç сахал. Чылайăшĕ ĕç шыраса райцентра каять. Сăмах май каласан, Патăръелне инçетри Елчĕк районĕнчен те ĕçлеме çӳреççĕ, таврари чылай ялсенчен те — сахал мар.

Еçне тупса ĕçлеейи те паха — ялта халăх тытăнса тăрать. Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, ялсем халь пушанса пыраççĕ. Сăлтавĕ паллă: ĕç çук, çурт-йĕр çавăрма йывăр т. ыт те. Çул çукки, транспорт çӳременни те — çак сăлтавсенчен пĕри. Паллах, колхозра пурин валли те ĕç çитмест. Уйрăмах — хĕлле. Çынсем вăхăтлăх ĕçпе çеç пурăнасшăн мар. Пилĕк-ултă çухрăма ĕçе çуран кайса килесси те хĕн. ПМКпа ОКЦра çеç ĕçлемеççĕ вĕт-ха çынсем. Патăръелĕнчи тĕрлĕ учреждени-кантурсене ĕçе çӳрекенсем те сахал мар. Килен-каякансен тата мĕнле пулмалла? Çул çинчен ывăнса çитнĕ хыççăн яра куна мĕнле ĕçлемелле? Унтан киле çуран таврăнмалла... Ялти çыннăн кил-тĕрĕшре ĕç сахал-им тата? Çил-çумăрта, шартлама сивĕре, куç курми çил-тăмансенче тата еплерех?.. Яланхиллех «11-мĕш тертлĕ маршрут-и?»

**Л. САЧКОВА.**

## ТИРПЕЙЛĔХ КИРЛĔ

Чугун çул çумĕнчи Янка Купала урамĕнче халиччен йываç çуртсем çеçчĕ. Савăнмалли сахалччĕ унта. Халĕ вара, Мир проспектĕнче çĕнĕ микрорайон çеклененĕ май, кунти сансем йăлтах улшăнчĕç.

Ик-виçĕ çул хушшинче çеç тăхăр хутлă çуртсем вунвиççĕ ӳссе ларчĕç. Юнашарах — çакăр магазинĕ, çĕнĕ автовокзал, «Петушок» кафе, столовăй, «Оптика» магазин. Уйрăм çуртсен хуçисем хăтлă хватерсене пурăнма куçрĕç.

Хулара çĕнĕ çуртсем çĕкленни савăнтарать, ытларах вăй хурса ĕçлес килет. Анчах тепĕр чухне стройкăра тирпейлĕх çитменни те курăнать. Самахран, проспектри 92-мĕш çурта купаласа пĕтерсен унти кантăксене — 30 чӳрече таран! — ватса-çĕмĕрсе пĕтернине асăрхарăм. Хамăр республика кантăк туса кăлармасть-çке, ăна аякран кӳрсе килеççĕ. Çав хаклă япаласене тирпейлĕ упраманшăн кам айăплă-ши? Пурин те тирпейлĕрех пуласчĕ.

**Л. МОРОЗОВ.**

## Пĕлес тенĕччĕ...

### Ача сачĕ тата... ĕç укçи

Ача сачĕпе яслине çÿренĕшĕн тÿлемелли йĕрке улшăннă тесçĕ. Чăнах-и?

А. ИВАНОВА.
Шупашкар хули.

КУ ЫЙТУПА СССР Министрсен Совечĕ ятарласа постановлени йышăннă. Вăл «Ашшĕ-амăшĕ ачисене шкул çулне çитменнисен учрежденийĕсене çÿретнĕшĕн тÿлемелли хаксем синчен» ятлă. Халăх ыйтнипе йышăннă çак постановлени кăçалхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа вăя кĕнĕ.

Çĕнĕ йĕркепе малашне ача садне е яслине çÿрекен кашни ачашăн кунне 50-шар пус тÿлемелле. Енчен те ача сачĕ ясли талăкра 12 сехет е унтан ытларах вăхăт хушши ĕçлет пулсан — 60-шар пус тÿлес пулать. Ача сачĕсемпе яслисем кирек мĕнле ведомствăна кĕрсен те тата ашшĕ-амăшĕ кирек ăçта ĕçлесен те ачасемшĕн пĕр йĕркепе тÿлемелле.

Çав постановленирех хăшпĕр ашшĕ-амăшне çăмăллăх панă. Çемьере кашни çын пуçне тивекен тупăш 60 тенкĕрен сахалтарах пулсан, ун пек çемьери ачасемшĕн тÿлемелле мар. Çемьере тăватă е унтан та ытларах ача пулсан, кашни ачашăн çур хак илеççĕ.

Çакна палăртмалла: ачасене ясли-сада çÿретнĕшĕн тÿлес пирки урăхла çăмăллăхсем те пулма пултараççĕ — вĕсене вырăнти Советсен ĕçтăвкомĕсем, предприятисемпе организацисем (яслипе садика укçа-тенкĕ енчен тытса тăма май килнĕ таран) палăртаççĕ.

### Кантăк шăннипе тертленетпĕр

Пирĕн килте тул енчи чÿрече кантăкĕсем шăнса лараççĕ. Савăнпа та икĕ рама хушшине мĕн те пулин хурса хăвармалла мар-ши? Тен, кантăкне мĕнпе те пулин сĕтĕрмелле?

Н. МОСКОВСКИЯ.
Сĕрпÿ районĕ.
Мамликасси ялĕ.

ИКĔ ХУТЛА чÿрече кантăкĕсем ан шăнччăр тесен, унăн шалти хутне лайăхрах питĕрме тăрăшмалла: рамăпа чÿрече янахĕ хушшинчи сурăксене питĕрмелле — пÿртре ялан куçса çÿрекен нÿрлĕ сывлăш рамăсем хушшине кĕрсе ан кайтăр. Нÿрлĕ сывлăш рамăсем хушшине кĕреймесен, тулти рамăсен кантăкĕ тарламасть, шăнмасть.

Тул енчи кантăк ан тарлатăр тесен, икĕ рама хушшине пĕрер пĕчĕк савăтпа тăвар е вĕтĕ кăмрăк лартса хăварсан аван. Вĕсем кÿре туртса илеççĕ.

Кантăк шăнасси мĕнле тарланинчен килет. Вăл ан тарлатăр тесен, пĕр пай скипидар, виçĕ пай глицерин, пилĕк пай шĕвĕ супăнь ярса хутăштарнă шĕвекпе темиçе хутчен сăтăрмалла. Кайран фланельпе татăкĕпе тасатса илмелле. Вăхăтран вăхăта глицеринпа сăтăрса илсен те тарламасть.

Тепĕр меслет: хăватлă эрехĕн вунă пайне пĕр пай глицеринпа хутăштарса кантăкăн шал енне çеç сĕрсен те аван. Ун пек чухне те çемçе пирпе шăлса илмелле. Кантăк малтанах шăнса ларнă пулсан, ăна тÿрех çÿлте асăннă шĕвексемпе сăтăрма кирлĕ мар. Ун пек чухне малтан кантăка тăвар шывĕпе пăртан тасатмалла, лайăх типĕтмелле, вара глицеринпа хутăштарса хатĕрленĕ шĕвекпе сăтăрмалла.

### «Прописка́н» йĕрки пур

Эпир мăшăрпа Шупашкарта пурăнатпăр: эпĕ Алнеш поселокĕнче — тăвансем патĕнче, вăл — хулари общежитире. Упăшкана хам пата «прописка» тутарас килет, анчах ун пек тума Калинин районĕнчи милици паспорт уйрăмĕн начальникĕ ирĕк памасть. Мĕн тумалла-ши?

Н. ТЕРЕНТЬЕВА.
Шупашкар хули.

— СИРĔН ыйтупа вырăна кайса интересленнĕ, — тесе пĕлтерчĕ редакцие Калинин районĕнчи милици уйрăмĕн начальникĕ В. Евтихеев. — Хăр чухне эсир хăвăр тăвансем патĕнче пурăнма пуçланă, кайча тунă хыççăн упăшкуна та çак хваттерех илсе пырасшăн. Хальхи вăхăтра 42,6 тăваткал метрлă килте виççĕн пурăнатăр (нормăпа кашни çын валли 12 тăваткал метр кирлĕ). Енчен те эсир хăвăр кил хуçи пулсан, сирĕн упăшкана «хĕссе те пулин» прописка тума пулатчĕ. Анчах эсир хăвăр та çын килĕнче çеç. Çавăнпа та сирĕн упăшкăра ку килте нормăпа килĕшсе тăрсан çеç пурăнма ирĕк параççĕ. 48 тăваткал метр пулсан — тархасшăн. Халĕ вара унта 42,6 тăваткал метр çеç. Çакна шута илсе паспорт уйрăмĕн начальникĕ упăшкăра эсир пурăнакан çуртра пурăнма ирĕк памасăр тĕрĕсех тунă.

### Амăшĕ килте пулсан...

Эпĕ ача султалăк çурă ситиччен унăн амăшĕ пособи илме тивĕçлĕ тенине илтрĕм. Пирĕн ача пĕлтĕрхи ноябрĕн 18-мĕшĕнче султалăк тултарчĕ. Мана çав пособие пама пултараççĕ-и?

Т. КОЛЬЦОВА.
Сĕнтĕрвăрри районĕ.

ЭСИР СССР Министрсен Со[illegible] ... вăхăтра пуçланмасть. Инçет Хĕвелтухăçĕпе Çĕпĕрте, çĕр-шывăн çурçĕр районĕсенче (Карел АССРĕпе Коми АССРĕнче, Архангельскпа Мурманск облаçĕнче), çавăн пекех Вологда, Новгород тата Псков облаçĕсенче çак [illegible] ... шĕн вара çак вăхăт 1991 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче кăна ситет. Пособийĕ вара ача амăшĕ кирек ăçта пурăнсан та пĕр пек — 35 тенкĕ.

Халĕ шутласа пăхăпăр. Кăçалхи июлĕн 1-мĕшĕччен сирĕн ача çултапăк та сичĕ уйăх тултарать. Аппа пулсан, эсир çак постановленипе пособи илме [illegible]

### Сăмах — вулакансене

Кăçалхи июнĕн 24-мĕшĕнче пирĕн çĕршывра Çĕнтерÿ парачĕ пулса иртнĕренпе 45 çул ситет. Çав парада хутшăнма Аслă Отечественнăй вăрçăра паттăрлăх кăтартнă, вăрçă хирĕнче хастар çапăçса орден-медаль илме тивĕçлĕ пулнă паттăр салтаксемпе офицерсене, çар начальникĕсене тĕрлĕ фронтсенчен пухнă. Вĕсем хушшинче пирĕн ентешсем те нумай пулнă. Çав çынсем çинчен хаçатсенче çырман мар. Анчах пурин çинчен пĕлни интереслĕ. Çавăнпа та «Пĕлес тенĕччĕ...» рубрикăпа çырнă материалсене вулакансене пурне те пĕр сĕнÿ: сирĕн ялта, хулапа поселокра çуралса ÿснĕ çынсем хушшинче Çĕнтерÿ парадне хутшăннă воинсем пулнă-и? — Камсем вĕсем — хушамачĕ, ячĕ, ашшĕ ячĕ, ăçта тата хăçан çуралнă, халь ăçта пурăнаççĕ (вилнĕ пулсан та пĕлтерĕр). Çав парада хутшăннисем хăйсем çырса пĕлтерсен тата лайăхчĕ. Çырусене февралĕн 23-мĕшĕччен кĕтетпĕр.

### Сăрăран нумай килет

Пурăнмалли пÿртпе хваттер стенине мĕнле сăрăпа сăрласан аванрах?

К. ВАСИЛЬЕВА.
Куславкка хули.

ЕНЧЕН те эсир пÿлĕме кăвак, çутă-симĕс, сарă тĕспе сăрласан, вăл аслăрах, ирĕкрех туйăнать. Çав пÿлĕмех хăмăр, сенкер-кăвак, тĕксĕм-хĕрлĕ тĕспе сăрланă пÿлĕм ансăр та пĕчĕкрех курăнать. Ку вăл йăлтах пирĕн куç çав тĕссене мĕнле йышăннинчен килет. Çавăнпа та кил-çурт тунă чухне, ăна юсанă вăхăтра стенапа маччана мĕн тĕслĕ сăрăпа сăрламаллине малтанах шутласа хумалла.

### Вĕретнĕ шыв çемçерех

Пирĕн çăлта шыв «хытă». Çавна пула çÿç лайăх тасалмасть, ÿт-тир сĕвĕнет (вистенет). Çав шыв çемселтĕр тесен, мĕн тумалла?

С. ГРИГОРЬЕВА.
Улатăр районĕ.

УН ПЕК ЧУХНЕ шыва вĕретсен лайăх, тесе шутлаççĕ врачсем. Вĕретнĕ шыв тăварĕ тĕпне ларать. Сивĕнсен шыва урăх савăта ямалла, тăвар малтанхи савăт тĕпне ларса юлать.

## ФЕВРАЛЬТИ КИНОЭКРАН

Хальхи кино куракансем экран çинче ытларах пурнăçăн тĕксĕм енне çеç сăнлакан фильмсем кăтартнишĕн ÿпкелешнине илтме пулать час-часах. Вĕсем преступниксем, наркомансем, проституткăсем çинчен ÿкернĕ картинăсенчен ывăнса çитнĕ. Ку уйăхра вара, акă, вĕсен кăмăлне тивĕçтерекен фильм тухĕ экран çине. «Белая кость» ятлă вăл. Ăна Рубен Геворкянпа Георгий Кеварков «Армянфильм» киностудире ÿкернĕ.

Кулăшла, тăрăхлакан детектив вăл, анчах çав вăхăтрах социаллă кăткăс ыйтусене те тишкерет. Ĕçпуç пĕр пĕчĕк хулари аш-какай комбинатĕнче пулса иртет. Унта махинаторсен шайки йăва çавăрнă иккен. Вăрăсене тăрă шыв çине кăларма темиçе хутчен те тытăнса пăхнă-ха вырăнти милици, анчах комбината кайнă сотрудниксенчен — калама хăрушă та намăс — пакунсем çеç тăрса юлнă. Юлашкинчен «Шурă шăмă» ятлă операци ирттерме шут тытаççĕ милици ĕçченĕсем. Аш-какай комбинатне, ĕçлекен пек пулса, опытлă милици сотрудникне ярасçĕ. Анчах комбинат директорĕ, çакна сиспĕскер, хирĕçле операци йĕркелет...

Паллă актер Александр Панкратов-Черный ку фильмра тĕп роле — хăйĕн тивĕçне хăшпĕр чухне айванлăх шайне çитиччenех парăнса пурнăçлакан хăюллă капитан рольне — лайăх вылять.

Польша çĕршывĕн паллă режиссерĕ Ю. Махульский А. Бородянский сценарийĕ тăрăх «Дежа Вю» ятлă çĕнĕ фильм ÿкернĕ. Ку картина океан леш енчен килнĕ пĕр гангстерăн Одессăри пурнăçĕ çинчен каласа парать. Рольсенче: Ежи Штур, Галина Петрова, Николай Караченцев, Лиза Махульска.

Вăрçă тата этем — çак темăна икĕ фильм — «Сталинград» тата «Сто солдат и две девушки» çутатаççĕ.

«Сталинград» фильм тĕнче историйĕнчи пысăк событие анлăн кăтартса парать. Унăн режиссерĕ — «Освобождение», «Солдаты свободы», «Битва за Москву» фильмсене ÿкернĕ Юрий Озеров. Ку кинолентăра эпир пысăк çар пуçлăхĕсемпе политиксене — Сталина, Черчилле, Гитлера куратпăр. Вĕсен политика вăййисемпе, стратегиллĕ планĕсемпе паллашнисĕр пуçне, кунта антифашистсен вăрттăн организацийĕ, Балтика морякĕсем, паттăр зенитчицăсем тăшмана хирĕç мĕнле кĕрешнипе паллашатпăр.

«Сто солдат и две девушки» — Сергей Михаэлян фильмĕ. Вăл хальхи пурнăçа питĕ ĕненмелле те ăслă кăтартса пама пĕлнипе палăрса тăрать. Картина чăн пурнăçри интереслĕ пулăмсемпе пуян. Фильм ăссăрла, çут тĕнчери мĕнпур йывăрлăха çĕнтерекен юрату çинчен.

«Бумажные глаза Пришвина» — хăйнеевĕрлĕ илемлĕ фильм. Вăл куракансен ăс-тăнĕпе пĕрлех чун-чĕрине те хускатĕ. Унăн режиссерĕпе сценарийĕн авторĕ — «Взломщик» картинăна ÿкернĕ Валерий Огородников. Чăн та, фильма кашни çынах пĕр пек хакламĕ. Кама та пулин вăл илĕртÿллĕ, вăрттăнлăхсемпе тулнă пек туйăнĕ, тепри унра сталинизм темине хăйне евĕр çутатнине курĕ. Тĕп герой кунта — телевидени режиссерĕ Павел Пришвин. Ун рольне Александр Романцов актер вылять.

«Стеклянный лабиринт» фильм сценарине Юрий Черняков повеçĕ тăрăх опытлă драматург Эдуард Володарский çырнă. Марк Осепьян режиссер ÿкернĕ. Тĕп рольте картинăра «Меня зовут Арлекино» фильмра вылянă Олег Фомин. Çул çитмен çамрăк, хальхи пурнăçри тĕрĕсмарлăхпа, кăткăслăхпа куçа-куçăн тĕл пулнăскер, çав йывăрлăхсене чăтаймасть, хăй çине хăй алă хурать...

Ют çĕршыв фильмĕсенчен чи малтан Франци кинематографисчĕсен «Влюбленный мужчина» картинине палăртмалла. Режиссерĕ — Диана Кюри. Çак талантлă хĕрарăмăн творчество мелĕсем ун ентешĕн Клод Лелюш режиссерăн стильне аса илтереççĕ. Паллă актерпа тин çеç ÿкерĕнме пуçланă çамрăк актриса хушшинчи хĕрÿ юрату çинчен пырать кунта сăмах. Кĕвĕçекен арăм та, пĕрре кулăшла, тепре чуна ыраттармалла хурлăхлă лару-тăрăва кĕрсе ÿкни те çутă туйăма пĕтерейместĕ. Тĕп рольсенче — Америка актерĕ Питер Койот, Грета Скаччи, Клаудия Кардинале.

«Клич свободы» (Великобритани) фильм режиссерĕ Ричард Аттенборо кинематографи искусствинче хăйĕн «Ганди» фильмĕ хыççăн паллă ят пулса тăнă. Вăл политикăлла фильма ытти жанрпа ÿкернĕ лентăсем пекех интереслĕ тума пулнине кăтартса панă. Унăн çĕнĕ фильмĕ темиçе хутчен те «Оскар» илме тивĕçнĕ. Кинолентăна чăн пулса иртнĕ событисене тĕпе хурса ÿкернĕ.

«Люби и верь» картина — Инди кинематографисчĕсен ĕçĕ. Ăна мелодрама пек йĕркеленĕ. Фильм илемлĕ, унта юрăташă нумай. Рольсенче — Говинда, Мандакини, Кадер Хан тата ыттисем.

КИНОВИДЕОПЕРЛЕШУ.

● «Сто солдат и две девушки» фильмри кадр.

Спорт ~~~ Спорт

## ПĔЛТЕРÿСЕМ

Эпир мăшăрпа Шупашкарта пурăнатпăр: эпĕ Амăш поселокĕнче — тăвансем патĕнче, вăл — хулари общежитире. Упăшкана хам пата «прописка» тутарас килет, анчах ун пек тума Калинин районĕнчи милици паспорт уйрăмĕн начальникĕ ирĕк памасть. Мĕн тумалла-ши?

Н. ТЕРЕНТЬЕВА.
Шупашкар хули.

— СИРĔН ыйтупа ырăна кайса интереслентĕ, — тесе пĕлтерчĕ редакцие Калинин районĕнчи милици уйрăмĕн начальникĕ В. Евтихеев. — Хĕр чухне эсир хăвăр тăвансем патĕнче пурăнма пуçланă, пачча тухнă хыççăн упăшкуна та çак хваттерех илсе пырасшăн. Хальхи вăхăтра 42,6 тăваткал метрлă килте виççĕн пурăнатăр (нормăпа кашни çын валли 12 тăваткал метр кирлĕ). Енчен те эсир хăвăр кил хуçи пулсан, сирĕн упăшкана «хĕссе те пулин» прописка тума пулатчĕ. Анчах эсир хăвăр та çын килĕнче çеç. Çавăнпа та сирĕн упăшкăра ку килте нормăпа килĕшсе тăрсан çеç пурăнма ирĕк параççĕ. 48 тăваткал метр пулсан — тархасшăн. Халĕ вара унта 42,6 тăваткал метр çеç. Çавна шута илсе паспорт уйрăмĕн начальникĕ упăшкăра эсир пурăнакан суртра пурăнма ирĕк памасăр тăрĕсех тунă.

çемçерех

Пирĕн сăнта шыв «хытă». Савна пула çӳç лайăх таçалмасть. Ӳт-тир сĕвĕнет (вистенет). Çав шыв семселтĕр тесен, мĕн тумалла?

С. ГРИГОРЬЕВА.
Улатăр районĕ.

УН ПЕК ЧУХНЕ шыва вĕретсен лайăх, тесе шутлаççĕ врачсем. Вĕретнĕ шыв тăварĕ тĕпне ларать. Сивĕнсен шыва урăх савăта ямалла, тăвар малтанхи савăт тĕпне ларса юлать.

# Амăшĕ килте пулсан...

Эпĕ ача султалăк çурă ситиччен унăн амăшĕ пособи илме тивĕçлĕ тенине илтрĕм. Пирĕн ача пĕлтĕрхи ноябрĕн 18-мĕшĕнче султалăк тултарчĕ. Мана сав пособие пама пултараççĕ-и?

Т. КОЛЬЦОВА.
Сĕнтĕрвăрри районĕ.

ЭСИР СССР Министрсен Совечĕпе ВЦСПС «Пĕчĕк ачаллă хĕрарăмсен отпуск вăхăтне вăрăмлатасси çинчен» йышăннă постановлени çинчен калатăр. Сав постановленипе ача амăшĕ çулталăк çурă хушши тӳлевлĕ отпускра, ун хыççăн тата çулталăк çурă (ача виççĕ тултариччен) хăй шучĕпе ларма пултарать.

Тӳлевлĕ отпуск пурин те пĕр вăхăтра пуçланмасть. Инçет Хĕвелтухăçĕпе Çĕпĕрте, çĕршывăн сурçĕр районĕсенче (Карел АССРĕпе Коми АССРĕнче, Архангельскпа Мурманск облаçĕнче), çавăн пекех Вологда, Новгород тата Псков облаçĕсенче çак йĕркепе усă курасси пĕлтĕрхи декабрĕн 1-мĕшĕнчех вăя кĕчĕ. РСФСРăн ытти районĕсенче (вăл шутра Чăваш республикинчи хĕрарăмсене те), çавăн пекех Украинăра, Белоруссире, Молдавире тата Балтика тăрăхĕнчи республикăсенче пурăнакансене çак пособие 1990 çулхи июлĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа пама тытăнаççĕ. Казахстанпа Вăтам Азире, Кавказ леш енче пурăнакан хĕрарăмсемшĕн вара çак вăхăт 1991 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче кăна ситет. Пособийĕ вара ача амăшĕ кирек ăçта пурăнсан та пĕр пек — 35 тенкĕ.

Халĕ шутласа пăхăпăр. Кăçалхи июлĕн 1-мĕшĕчен сирĕн ача çулталăк та çичĕ уйăх тултарать. Апла пулсан, эсир çак постановленипе пособи илме пултараймастăр. Висĕ çуллăха паракан тӳлевсĕр отпускпа (ку йĕрке пур çĕрте те 1989 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа вăя кĕнĕ) усă курма пултаратăр. Пенси çинчен калакан çĕнĕ Закон проектĕнче ача пăхса çитĕнтерме паракан висĕ суллăх отпуск вăхăтне пĕтĕмĕшле ĕç стаж шутне кĕртме палăртнă.

*Материалсене И. БОРИСКИН хатĕрленĕ.*

Пулни-иртни

# ЧЫС-ХИСЕП ТУМАРĔÇ

Хĕллехи уяр та сивĕ кун Владимир Патеров шофер машинине чĕртнĕ те Октябрьскинчи хатĕрлев кантурĕн директорĕпе Сергей Ириткова Карапаш ялне рейса тухнă.

Карапашсем ĕçре пулнă. Ялта — шăп. Урамра çав вăхăтра Надежда Просова курăнса кайнă. Кӳршĕрех — Алексей Рыбаков хатĕрлевçĕн килĕ тĕлĕнче, машина асăрхасан, кăшкăрма пуçланă.

— Пулăшăр, çунатпăр, ачасене те пӳртрех хăварнăччĕ, шăрпăкпа выляна пулмалла!

Нумай шухăшласа тăман В. Патеров, С. Иритков тата А. Рыбаков. Пулăшу ыйтма пынă хĕрарăмпа пĕрле пушар сӳнтерме васкавлăн чупнă. Андрей Оливанов та урама сиксе тухма ĕлкĕрнĕ, вут-çулăмпа кĕрешме тытăннă.

Владимир Патеров çунакан çурта чыхăна-чăхăнах кĕрсе кайнă, ачасене кĕтессенче, вырăн-сĕтел айĕнче шыранă. Çуртăн пĕр пӳлĕмĕнчен малтан пĕр ачине, унтан теприне усă сывлăша илсе тухнă. Çулăм вăйлансах пынă, маччана та вут хыпса илнĕ. Владимир машина çине хăвăрт ларнă та ялăн тепĕр енчех вырнаçнă автопарка вĕçтернĕ. Часах пушар машинисем çитнĕ, пушара ытлашши алхасма паман.

Ку ĕç иртнĕ хĕллех пулса иртнĕ-ха. Пушар тахçанах манăçа тухнă ĕнтĕ. Анчах пиктех те шел: пушарта паттăрлăх кăтартнă Туппай Есмĕл çамрăкне — Владимир Патерова паянхи кунччен те чыс-хисеп тумарĕç. Савăн пекех Октябрьскинчи С. Ирткова Карапашри А. Рыбаков тата А. Оливанов та ырă сăмаха тивĕç. Вĕсем вăхăтра çитсе пушарпа кĕрешмен пулсан, пысăк инкек сиксе тухма пултаратчĕ.

В. АРШИНОВ.
Сĕнтĕрвăрри районĕ.

политикĕсене — Сталина, Черчилле, Гитлера куратпăр. Вĕсен политика вăййисемпе, стратегиллĕ планĕсемпе паллашнисĕр

фомии. Çул çитмен çамрăк, хальхи пурнăçри тĕрĕсмарлăхпа, кăткăслăхпа куçа-куçăн тĕл пулнăскер, çав йывăрлăхсене чăтаймасть, хăй çине хăй алă

Кхан тата иттисем.

КИНОВИДЕОПЕРЛЕШУ.
● «Сто солдат и две девушки» фильмри кадр.

Спорт Спорт

Юлашки çулсенче Шупашкарта хĕлле шыва кĕрекенсен йышĕ нумай ӳснĕ. Хулара пурăнакансенчен чылайăшĕ халĕ пушă вăхăтра шыва кĕрсе сывлăха çирĕплетет.

Ӳкерчĕкре çинче эсир В. Кожанов тренер йĕркеленĕ «моржсен» ушкăнне куратăр.

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕ.

# РЕСПУБЛИКА ЧЕМПИОНАТĔНЧЕ

Республикăри хоккей чемпионачĕн юлашки турĕнчи чи интереслĕ вăйăсем малта пыракан «Тракторпа» «Волга» хушшинчи тĕлпулусем пулнă. Пĕрремĕш матчра «Трактор», хăнара вылянă пулин те, «Волгăна» 3:2 шутпа çĕнтернĕ. Иккĕмĕш тĕлпулу та çивĕч кĕрешӳре иртнĕ. Ку хутĕнче площадка хуçисем вăйлăрах пулнă, «Трактора» 3:1 шутпа парăнтарнă.

«Энергия» Çĕмĕрлери «Звездаран» икĕ матчĕнче те выляса илнĕ — 4:1 тата 5:2. Çĕнĕ Шупашкарти «Соколпа» Çĕрпӳри «Пламя» очкосене çурмалла пайланă. Пĕрремĕш матчра «Сокол» 5:4 шутпа çĕнтернĕ, тепринче Çĕнĕ Шупашкарсем хăпасене 1:3 шутпа выляса янă.

Çак вăйăсем хыççăн турнир таблицинче пĕрремĕш вырăна 32 очкопа «Энергия» тухнă. «Волгăн» — 30, «Тракторăн» 29 очко. «Трактор» икĕ вăйă сахалрах иртнĕ.

* * *

Иккĕмĕш ушкăнра ăмăртакан командăсем икĕ турти вăйăсенче тĕл пулнă. Елчĕкри «Химик» Кӳкеçри «Автомобилистрая» — 6:4, Тутаркассинчи «Урожайрая» 3:2 шутпа выляса илнĕ. Октябрьскинчи «Аниш» Муркашра «Юнгăна» 10:4 шутпа çĕнтернĕ, хыççăн «Автомобилистпа» тĕл пулнă, ăна 4:7 шутпа выляса янă. Сосновкăри «Факел» «Юнгăна» 9:4 шутпа парăнтарнă.

Халĕ турнирта «Химик» малта пырать, вăл хăй иртнĕ çичĕ матчра пуринче те çĕнтернĕ. Елчĕксем хыççăн иккĕмĕш вырăнта — «Аниш», унăн 8 очко.

А. ПАВЛОВ.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем çапла пĕлтерчĕç: паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çантаçăк пулать, кăштах юр çăвать. Çил кăнтăр хĕвеланăç енчен çеккунтра 3—8 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 0—5 градус, Шупашкарта 1—3 градус сивĕ пулать, вырăн-вырăнпа çул пăрлакланать.

Кун тăршшĕ — 8 сехет те 40 минут.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЭРНЕКУН

ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — Мультфильм.
8.45 — Документлă фильм.
9.05 — «Арена чудес». Цирк.
9.55 — Этем. Çĕр. Тĕнче услăхĕ.
10.55 — Документлă телефильм.
11.45 — 16 тултарманнисем тата унтан аслăраххисем.
12.30 — Вăхăт. ТСН.
13.00 — Камера тĕнчене пăхать.
15.30 — «Будите в себе прекрасное».
16.10 — Индонези тăрăх.
16.55 — «Образ». Аслă класенче вĕренекенсем валли литература вăййи.
18.25 — Коллаж.
18.30 — Вăхăт. ТСН.
19.00 — Халăх творчествин Пĕтĕм Союзри III фестивалĕ.
19.35 — «Игрушка». Илемлĕ фильм. (Франци).
21.00 — Вăхăт. ТСН.
21.30 — «Это было.. было..»
21.50 — «Взгляд».
23.35 — Ситĕннисем валли мультфильм.
23.45 — ТСН.
00.10 — Касхи ТВ. «Мистер Икс». Илемлĕ телефильм.
01.40 — «Шире круг». Эстрада программи.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — 17.00 — Техника хатĕрĕсене тĕрĕслесе пăхаççĕ.
17.00 — Мультфильм.
17.10 — «Знаки вечности». Документлă фильм. (Шуп.).
17.30 — Облаçри комсомол организацийĕн 38-мĕш конференцийĕнчен панă репортаж.
18.30 — Вăхăт. ТСН (сурдокуçарупа).
19.00 — Информаципе публицистика каналĕ (Шуп.).
20.00 — Ырă кас пултăр, ачасем!
20.20 — Фигурăсем туса ярăнасси. Европа чемпионачĕ. Хĕрарăмсем.
21.20 — Документлă фильм.
21.30 — Спорт пурин валли те.
21.45 — «Предшественник». Илемлĕ фильм. 1 тата 2 серисем.

## РАДИО

ЭРНЕКУН

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар çыннисем валли. 6.30 — «Виç минутсăр çур сехет». Информаципе публицистика программи. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 7.25 — 7.30 — Пĕлтерӳсем. 16.30 — 17.30 — «Танец и спорт». (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — Ю. Прокопьев юрлать. 18.25 Республика хыпарĕсем. 18.35 — Ял ĕçченĕсем валли «Пучах». 19.00 — 19.45 — Мускав передачисем. 19.45 — «Эра: экономика, риск, анализ». 20.00 — 20.30 — Чăваш радиопа телевидени хорĕ — Мускавра.

ШĂМАТКУН

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар çыннисем валли. 6.30 — Ырă кун, ял ĕçченĕ. 6.55 — Пĕлтерӳсем. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 7.25 — 7.30 — Пĕлтерӳсем. 14.00 — 15.00 — «Юрланăçем юрлас килет» (стерео). 17.15 — Эрнене вĕслесе. Информаци кăларăмĕ. 17.30 — Ашшĕ, амăшĕ, ачисем. Григорьевсене пулăшу кирлĕ. 17.45 — Музыка саламĕ. 18.15 — Нестер Янкас çинчен. 18.30 — «Учитель» халăх капелли юрлать. 18.55 — 19.00 — Реклама.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — февралĕн 2-мĕшĕнче «Амантнă чун» драма, февралĕн 3-мĕшĕнче «Айдаş» драма.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — февралĕн 2-мĕшĕнче «Шывармань» опера, февралĕн 4-мĕшĕнче 11 сехетре «Щелкунчик» балет.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Люби и верь» 9.00, 11.45, 14.30, 17.15, 20.00. Кĕрен зал: «Нечистая сила» 9.00, 11.30, 14.10, 17.00, 20.00. Кинозал: «Кулаки во тьме» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Зимнее утро» — 13.00; «Люби и верь» — 10.30, 15.30, 18.00, 20.30.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Смиренное кладбище» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Ночные воришки» — 10.00, 12.00, 14.00, 16.00, 18.00, 20.00. Пĕчĕк зал: «Побег» — 10.30, 12.30, 14.30, 16.30, 18.30, 20.30.

«МИР» — «Месть и закон» 9.00, 11.30, 14.00, 17.30, 20.00.

«СОКОЛ» — «Зита и Гита» — 9.00, 14.00, 19.00; «К сокровищам авиакатастрофы» — 12.00; «Леди Макбет Мценского уезда» 17.00.

«ЛУЧ» — «Однажды в Америке» — 11.00, 15.00, 19.00.

«ЮНОСТЬ» — «Сюрприз Афродиты» — 14.00, 16.00, 18.00, 20.00.

КЛУБ «СТРОИТЕЛЬ» — «Невероятные приключения итальянцев в России» — 16.00, 18.00, 20.00.

ЧЭАЗ КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Что у Сеньки было?» — 14.30; «Жикина династия» — 16.15, 18.15, 20.00.

ВИДЕОЗАЛ (тел.: 24-37-92, 24-59-95) — «Голливудская полиция нравов» — 18.00.


ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 23-13-05; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 35086. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 566.